ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Апрель
7
ытларикун
№ 71 (8980)
36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



# Советлă социализмлă законлăх—никам тĕкĕнмелле мар законлăх

Пирĕн хаçатсенче сăтăрла, шпионла тата Совет государствин активлă деятелĕсем тĕлĕшпе терророа ĕçсем тунă тесе айăпланакан врачсен ушкăнĕн ĕçĕ тăрăх СССР Шалти ĕçсен министерстви малтанхи следстви материалĕсемпе ытти мĕнпур даннăйсене тĕплĕн тĕрĕслесе тухни çинчен пĕлтернине пичетлесе кăларнă. Тĕрĕслесе тухнă хыççăн çакна палăртнă: çак ĕç тăрăх айăпланакан профессорсемпе врачсене ун чухне пулнă СССР Государство хăрушсăрлăх министерстви тĕрĕс мар, нимĕнле законлă сăлтавсăр арестленĕ. Шалти ĕçсен министерстви пĕлтернинче каланă тăрăх, тĕрĕслени çакна кăтартса панă: асăннă çынсене айăпланисем суя пулнă, ку тĕлĕшпе следстви работникĕсем усă курнă документальнăй даннăйсем тĕрĕс мар пулнă. Çакна палăртнă: арестленĕ çынсем хăйсене айăпласа кăтартса панисене çырса илнĕ чухне ун чухне пулнă Государство хăрушсăрлăх министерствин следстви пайĕн работникĕсем следстви тунă вăхăтра усă курма юраман тата совет законĕсем çирĕппĕн чарнă меслетсемпе усă курнă.

СССР Шалти ĕçсен министерстви çак ĕçе тĕрĕслеме ятарласа уйăрнă следстви комиссийĕ тĕпчĕсе пĕлнĕ тăрăх, арестленĕ профессорсемпе врачсене айăпланинчен хăтарса пĕтĕмпех тӳрре кăлармалла тунă тата ирĕке кăларнă.

Следстви тĕрĕс мар тунăшăн айăплă çынсене арестлесе уголовнăй йĕркепе ответ тыттарнă.

Çакăн пек пуласси, Совет государствин интересĕсене хӳтĕлесе тăма тунă органра—СССР Государство хăрушсăрлăх министерствинче çакăн пек провокациллĕ суя ĕç пуçарса ярасси, тӳрĕ шухăшлă совет çыннисене, совет наукин паллă деятелĕсене çакăн пек айăпласси мĕнле майпа пулма пултарнă-ха?

Вăл акă мĕн пирки çавăн пек пулма пултарнă: ун чухне пулнă Государство хăрушсăрлăх министерствин руководителĕсем тивĕçлĕ вырăнта тăман. Вĕсем халăхран, партирен уйрăлса кайнă, хăйсем халăх тарçисем пулнине маннă, совет законлăхне сыхласа тăма тивĕçлĕ пулнине маннă. Государство хăрушсăрлăхĕн министрĕ пулнă С. Игнатьев политика тĕлĕшĕнчен суккăр пулнă, çавăр карса ларнă, министр заместителĕ тата следстви пайĕн начальникĕ пулнă, следствие тӳртен ертсе пынă, халĕ арестленĕ Рюмин йышши преступник-авантюристсем хыççăн кайнă. Рюмин пирĕн государствăн, пирĕн халăхăн вăрттăн тăшманĕ пулса ĕçленĕ. Рюмин правительствăна улталас çул çине, авантюризм çулĕ çине тăнă. Государство аппаратĕнчи работниксен хисеплĕ ятне тата парти умĕнчи, халăх умĕнчи хăйĕн ответлăхне ура айне туса, Рюмин тата Государство хăрушсăрлăх министерствин ытти хăшпĕр работникĕсем хăйсен киревсĕр тĕллевĕсене пурнăçласа совет законлăхне сĕмсĕррĕн пăснă, айăпсăр çынсене айăплама ултавлă материалсем туса хатĕрленĕ, вĕсем пирĕн Конституцире çырса хунă совет гражданĕсен никам тĕкĕнейми прависем тĕлĕшпе ирсĕр ĕç тунă.

Врачсен ушкăнне айăпланине тĕрĕслеме туса хунă медицинăпа эксперт комиссийĕ те хăйĕн çулĕшĕнче пулайман, вăл А. С. Щербаковпа А. А. Жданова сыватнă меслетсем пирки тĕрĕс мар заключени панă. Чир историне çырса пыракан материалсемпе ытти материалсене наука енчен тӳрĕ шухăшлă тата объективлă анализ тăвас вырăнне, çак комисси следстви туса хатĕрленĕ материалсем хыççăн кайнă, хăйĕн авторитечĕпе медицинăн паллă чылай деятелĕсене ултавлă меслетпе айăплама хăтланнă, элекле ĕçсене тума пулăшнă. Кунта тата çакна та палăртас пулать: следстви экспертсенчен сыватас ĕç тĕрĕс пулнине кăтартакан хăшпĕр материалсене пытарса хăварнă.

Совет халăхĕ совет медицинин чылай паллă деятелĕсене айăплама пăхни пĕтĕмпех суя ĕç пулни çинчен пĕлтернине ăшшăн кĕтсе илчĕ. Çав ĕç вăл пирĕн государствăн тӳрĕ шухăшлă тата хисеплекен деятелĕсене хирĕç ирсĕррĕн элеклени пулнă. Совет çыннин сăн-питне çухатнă, этемлĕх тивĕçне çухатнă çынсем кăна совет гражданĕсене, совет медицинин паллă деятелĕсене законсăр арестлес çул çине тăма, следстви ĕçне фальсификацилес çул çине тăма, хăйсен гражданла тивĕçне тискеррĕн пăсас çул çине тăма пултарнă.

Рюмин йышши ылханлă авантюристсем хăйсем туса хатĕрленĕ следстви материалĕсем тăрăх моральлĕ-политикăллă пĕрлĕхпе, пролетариллĕ интернационализм идейисемпе пĕтĕçнĕ совет обществинче нацисем хушшинче социализмлă идеологишĕн ют шухăш сарма, вĕсене хирĕçтерме тăрăшнă. Çак провокациллĕ тĕллеве пурнăçлас тĕлĕшпе вĕсем совет çыннисене ирсĕррĕн элеклесси умĕнче те чарăнса тăман. Тĕплĕн тĕрĕслесе тухни, тĕслĕхрен, çакна кăтартса панă: çак меслетпе ĕçлесе тӳрĕ шухăшлă обществăллă деятеле, СССР халăх артистне Михоэлса элеклесе айăпланă.

СССР Шалти ĕçсен министерстви пĕлтернинчен çакă курăнать: ун чухне пулнă Государство хăрушсăрлăх министерствин органĕсем совет законлăхне сĕмсĕррĕн пăснă, вĕсем влаçпа усă курса киревсĕр ĕçсем тунă. Çакнашкал киревсĕр ĕçсем нумай вăхăт хушши тăрă шыв çине тухмасăр юлма тата айăплисене тивĕçлипе айăпламасăр юлма пултарайман, мĕншĕн тесен Совет правительстви пирĕн çĕршыври гражданĕсен прависене хӳтĕлесе тăрать, çак правăсене тăрăшса хӳтĕлет, ирттĕхсе ĕçлекенсене вĕсем мĕнле çынсем тата мĕнле чинлă çынсем пулнине пăхмасăр хытă айăплать.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви пирĕн мĕнпур организацисен ĕçĕ, пĕтĕм государство аппарачĕн ĕçĕ ертсе пыракан органсемпе пĕтĕм совет обществин сыхăлăхлă контролĕнче тăмалла тесе кăтартса параççĕ. Халĕ, совет халăхĕ пирĕн çĕршывра социализм çĕнтерĕвĕн пĕлтерĕшне чĕререн ăнланса туйса тăнă вăхăтра, пирĕн уйрăмах сыхăлăхлă пулмалла, советлă социализмлă законлăха сыхласа тăрас тĕлĕшпе уйрăмах çирĕп пулмалла.

Совет правительстви государство аппаратĕнчи çитменлĕхсене, вăл шутра государство аппарачĕн уйрăм работникĕсем закона пăсса тăвакан киревсĕр ĕçсене хăюллăн тăрă шыв çине кăларса, çак çитменлĕхсене хăюллăн та татăклăн пĕтерсе пынă вăхăтрах, вĕсем çинчен халăха уççăн та тӳррĕн каласа парать. Çакă вăл Совет государствин, социализмлă стройăн аслă вăйне кăтартса парать. Çак вăйăн çăлкуçĕ пирĕн правительство халăхпа уйрăлми таччăн çыхăнса тăнинче, хăйĕн мĕнпур ĕçĕнче вăл халăх çине таянса ĕçленинче, халăх интересĕсене тивĕçтерекен политика тытса пынинче.

Социализм çĕршывĕ—никам çĕмĕрейми хăватпа творчествăллă вăй илсе тăракан çĕршыв коммунизм çулĕпе шанчăклăн малалла пырать. Совет çĕршывĕнче эксплуататорла классене тахçанах пĕтернĕ. Çавăнпа та пирĕн çĕршывра ют çĕршывсенчи реакциллĕ вăйсем Совет государствине хирĕç сăтăрла ĕçсем туса пыма мĕн чухлĕ те пулин пысăк никĕс тупма пултараймаççĕ. Анчах совет çыннисем çакна та лайăх пĕлеççĕ: капитализмла йĕритавралăх тытăнса тăнă чухне малашне те пирĕн патра шпионсем, диверсантсем яма хăтланни пурпĕрех пулма пултарать. Совета хирĕçле ĕç тăвас тĕллевпе уйрăм çынсемпе, буржуалла идеологиллĕ çынсемпе, пăсăлса кайнă çынсемпе усă курма хăтланнисем те пулаççĕ. Çавнашкал тăшмансене хирĕç, пытанса е пытанмасăр тăракан тăшмансене хирĕç, Совет государствин тăшманĕсене хирĕç пирĕн халăхăн яланах сыхă тăмалла. Парти пире яланах сыхă пулма вĕрентет.

СССР Конституцийĕнче Советлă социализмлă государство гражданĕсен аслă прависем çинчен çырса хунă. СССР Конституцийĕн 127-мĕш статьи СССР гражданĕсене никам тĕкĕнменлĕх прави парать. Суд постановленийĕсĕр е прокурор ирĕк памасăр никама та арестлеме пултараймаççĕ.

Советлă законлăх, совет гражданĕсен СССР Конституцийĕнче çырса хунă прависене сыхласа тăрасси—Совет государствине малалла аталантарса тата тĕреклетсе пымалли никĕс пулса тăрать.

Совет законлăхне пăсма никама та ирĕк парас çук. Кашни рабочи, кашни колхозник, кашни совет интеллигенчĕ лăпкăн та шанăçлăн ĕçлеме пултарать, мĕншĕн тесен вăл хăйĕн граждан прависене советлă социализмлă законлăх шанчăклăн хӳтĕлесе тăнине лайăх пĕлсе тăрать.

Советлă аслă государство гражданинĕ çакна шанчăклăн ĕненсе тăма пултарать: ăна СССР Конституцийĕ гарантилесе панă правăсене Совет правительстви тасан сыхласа тăрать.

Çакăнта пулать СССР халăхĕсене хăйсен Совет правительстви тавра малалла таччăн пĕтĕçтермелли, пирĕн Тăван çĕршывăн хăватне малалла тĕреклетме, Совет Союзĕн пĕтĕм тĕнчери авторитетне вĕçĕмсĕр ӳстерсе пыма кирлĕ паха условисенчен пĕри.

(«ПРАВДА», апрелĕн 6-мĕшĕнчи умстатья).

## Йывăç материалсем нумай ăсатаççĕ

Пирĕн республика халăх хуçалăхне пĕрене, хăма, шпал тата ытти йывăç материалсем чылай парса тăрать. Уйрăмах çĕр кăмрăк промышленноçĕпе хут промышленноçĕ çулсерен пиртен нумай йывăç илсе тăраççĕ. Чугун çул станцийĕсенчен кулленех вуншăр вагон паха материалсем ăсатаççĕ. Главлесосбытăн Чăваш республикинчи управленийĕ çĕр кăмрăк, хут, металлурги, экстракт, çăмăл тата фанера тăвакан промышленноçа йывăç материалсем тăратмалли пĕрремĕш кварталти заданине иртерсе тултарнă.

# Совет Союзĕ тăрăх



Куйбышевгидрострой. Паллă экскаваторщик В. М. Клементьев бригади ĕç нормине темиçе хут иртерсе тултарать. Бригада Куйбышев гидроэлектростанцине туса пĕтеричченех машинăна тĕпрен юсамасăр ĕçлеме пулнă.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: В. М. Клементьев юлташ.

Н. ФИНИКОВ фотоӳкерчĕкĕ.
(ТАСС фотохроники).

## Тăван çĕршыв çыранĕсенчен инçетре...

АРХАНГЕЛЬСК, апрелĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Хальхи вăхăтра Çурçĕр тинĕс пароходствин нумай пăрахучĕсем инçетри тинĕссенче ишсе çӳреççĕ. Анчах моряксем хăйсен Тăван çĕршывĕччен инçетре пулсан та, Тăван çĕршыва çывăх туйăмпа пурăнаççĕ.

«Молотов» пăрахут капитанĕ Амосов юлташ радио тăрăх çапла пĕлтерет:

Таварсен ваккăн сутмалли государственнăй хакĕсене улттăмĕш хут йӳнетмелле туни çинчен калакан хыпара эпир Вăтаçĕр тинĕсĕнче пулнă чухне илтрĕмĕр. Партипе правительство çакăн пек тăрăшнăшăн пăрахут команди тата лайăхрах ĕçлеме шут тытрĕ, черетри рейса срокчен 20 сехет маларах вĕçлеме обязательство илчĕ.

Хальхи вăхăтра Венецире (Итали) тăракан «Сергей Киров» пăрахут çинчен çапла пĕлтереççĕ:

Тавар хакĕсене çĕнĕрен йӳнетмелле туни моряксем хушшинче социализмла ăмăртăва вăйлатрĕ. Экипаж çулталăкри заданирен иртерсе 1.200 тонна груз турттарма, çулталăк планне пĕр уйăх маларах тултарма, çулталăк хушшинче 260 тонна топливо перекетлеме пулчĕ.

## Метрон çĕнĕ линийĕ

Апрелĕн 5-мĕшĕнче ирхине 6 сехетре Мускаври метрон Арбат тăрăхĕнчи виçĕ çĕнĕ станцийĕн алăкĕсем уçăлчĕç. Столицăри пиншер ĕççыннисем зодчествăн чаплă произведенийĕсемпе юратса савăнаççĕ. Вĕсем «Киевская» станцине пысăк интереспа пăхаççĕ. Кунта стенасем çине нумай ĕмĕре пыракан сăрăсемпе 20 картина ӳкернĕ. Çак картинăсем вырăс халăхĕпе украина халăхĕн çирĕп туслăхĕ çинчен, Советлă Украинăри пуян та телейлĕ пурнăç çинчен каласа параççĕ. Шахтерсене, сан ăстисене, вăйлă тырпул мастерĕсене ӳкерсе кăтартнă картинăсем чуна савăнтараççĕ.

«Киевская» станцине пăхса пĕтернĕ хыççăн пассажирсем «Смоленская» станцине каяççĕ. Поезд темиçе минутранах унта илсе çитерет. Мускав юханшывĕн айĕпе çул хывас тĕлĕшпе рабочисем нумай пуçарулăх кăтартнă. Çĕр айĕнчи шыв нумай пулнă пулсан та, метро тăвакансем çине тăрса малалла пынă, нормăсене иртерсе тултарнă.

«Смоленская» станцинче пассажирсене кăнтăрлахи пек çутă паракан лампăсен çемçе çутти савăнтарать. Шурă мрамортан тунă пысăк колоннăсем çурма-çаврака сводсене тытса тăраççĕ. Хура гранит сарса тунă урай ял-яка. Архитекторсем çĕнĕ станцире вырăс хĕçпăшалĕпе совет хĕçпăшалĕн мухтавне, Совет Çарĕ ют çĕршыв захватчикĕсене хирĕç кĕрешсе тунă аслă çĕнтерӳсене кăтартса параççĕ.

Эскалатор тоннелĕн маччи çине Çĕнтерӳ орденĕ ӳкерсе хунă. Вăл вырăнти маччана тĕрлĕ тĕслĕ мрамор катăкĕсенчен, ылтăн смальтăран тата ялкăшса тăракан хаклă чулсенчен тунă. Орден çумĕнчи ялавсем çине «1812» тата «1945» тесе çырса хунă. Кусем вĕсем отечественнăй вăрçăсен историллĕ çулĕсем çинчен каласа параççĕ.

Мускав çыннисем «Арбатская» станцине тунă строительсен хавхалануллă ĕçне пысăка хурса хаклаççĕ. Çакă чаплăран та чаплă сооружени архитектурăпа илемлĕх тĕлĕшĕнчен пурне те тĕлĕнтерет.

«Арбатская» станцинчи тĕрлĕ тĕслĕ хаклă чулсене ăста çыпăçтарса тунă. И. В. Сталин портречĕ умĕнче çынсем нумайччен чарăнса тăраççĕ, вĕсем аслă çулпуçăмăрпа учителĕмĕрĕн хаклă сăнĕ çине юратса пăхаççĕ. Пирĕн Тăван çĕршывăн столици Мускав сталинла плансем тăрăх çĕнелсе, лайăхланса пырать.

Станцисене пырса курнă çынсем кĕнекесем çине чĕререн тухакан ăшă сăмахсем çырса хăвараççĕ.

«Мĕн пек çамрăкланатăн эсĕ, вată та юратнă Мускав. Кашни кун эсĕ, пирĕн Тăван çĕршыв столици, лайăхланса пыратăн».

«Пĕр сăмах: тĕлĕнмелле чаплă!»

«Çак çĕнĕ те чаплă сооружение тунă строительсене чыс та мухтав!»

Çак сăмахсем вĕсем халăхăн шухăштуйăмĕсене палăртаççĕ. Ку сăмахсем—ĕççыннисен материальнăй пурнăçĕпе культурăллă шайне ӳстерессишĕн куллен тăрăшнăшăн партипе правительствăна тав туса каланă сăмахсем. Хăйсен шухăшĕсем çинчен метрора пулса курнă рабочисем, колхозниксем, вĕренекен çамрăксем, Мускав çыннисем, хăнасем, çĕршывăн ытти хулисемпе урăх çĕршывсенчен килнĕ çынсем çырса хăвараççĕ.

Тăван столицăна лайăхлатассишĕн партипе правительство тăрăшса ĕçлени çине ответлесе, Мускав предприятийĕсенче ĕçлекен рабочисем, служащисем, вĕренекенсем пирĕн çĕршывра коммунизм тăвассишĕн хăйсен пĕтĕм вăйне хурса ĕçleме хатĕр тăни çинчен пĕлтереççĕ.

Мускаври метрон Арбат тăрăхĕнчи станцийĕсенче апрелĕн 5-мĕшĕнче столицăри ĕççыннисем 200 пин çын ытла пулнă. (ТАСС).

### Тури Днепр бассейнĕнче пăрахутсем çӳреме пуçланă

ГОМЕЛЬ. Гомель портĕнче навигаци иртнĕ çулхинчен вунă кун маларах, апрелĕн 4-мĕшĕнче пуçланнă. Малтанхи буксир пăрахучĕсем çула тухса кайнă.

Кăçалхи навигацире Тури Днепр пароходствинче ĕçлекен речниксен грузсем нумай турттармалла пулать. Кăçал флот ку чухнехи конструкцисемпе тунă çĕнĕ йышши пăрахутсем, теплоходсем, баржăсем илнĕ. Портсемпе пристаньсенче çĕнĕ крансем, транспортерсемпе ытти механизмсем вырнаçтарса лартнă. (ТАСС).

### Каховка гидроэлектростанцине тунă çĕрте

ÇĔНĔ КАХОВКА. Каховка гидроэлектростанцине тунă çĕрте апрелĕн 4-мĕшĕнче перемычкăра юлашки хурçă свайсене çапса лартнă. Халĕ ĕнтĕ Днепр шывĕн тĕпĕ тăрăх пысăк хурçă стена пулса тăнă. Вăл тăпраран купаласа тунă икĕ валпа пĕрле котлована çурхи шывсенчен шанчăклăн хӳтĕлесе тăрать. (ТАСС).



Украина ССР-ĕ. Кировоградри «Красная звезда» завод юман икелĕ акмалли сеялка туса кăларма тытăннă. Сеялкăпа икеле тăваткал тĕмĕн-тĕмĕн акаççĕ. Конструкторĕ—Недашковский.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: конструктор П. В. Резниченко тата слесарьсен бригадирĕ Н. П. Бычехвост пĕрремĕш сеялкăна тĕрĕслесе пăхаççĕ.

Г. ВЕРУШКИН фотоӳкерчĕкĕ
(ТАСС фотохроники).

## Терекпа Кума хушшинче канал тунă çĕрте

ДЗАУДЖИКАУ. Терекпа Кума юханшывĕсем хушшинчи канала тунă çĕрте ĕçлекенсем Терек шывне çĕнĕ çулпа яма хатĕрленеççĕ. Çак канал тăрăх Терек шывĕ халиччен ялан типĕ çанталăк тăракан Ногай çеçенхирĕсене юхса тăмалла пулать. Канал чавакансем кашни кун малалла, çеçенхир патнелле çывхарса пыраççĕ. Ку таранччен 3 миллион кубометр ытла тăпра чавса кăларнă.

«Теркумводстрой» коллективĕ, партипе правительство таварсен ваккăн сутмалли хакĕсене йӳнетесси çинчен йышăннă постановленипе хавхаланса, ĕç хăвăртлăхĕсене ӳстерме тăрăшаççĕ.

Канал тунă çĕрте ĕçлекен чи лайăх экскаваторщик Миляев юлташ, Май уявĕ умĕнхи стахановла вахтăна тăрса, сменăри нормăна 2—2,5 хут тултарса пыма пулнă.

Ытти строительсем те унччченхинчен пысăкрах обязательствăсем йышăннă.

Канал пуçламăшĕнче рабочисен поселокĕ ӳссе çитĕнет. Çĕнĕ çуртсене строительсен çемйисем пурăнма куçаççĕ. Гражданстрой кантурĕн коллективĕ майăн 1-мĕшĕ тĕлне тата 3 çурт, 2 мунча тата столовăй туса пĕтерме пулнă.

# Калчасене апат парас ĕçе лайăх йĕркелер!

## Калчасене апат параççĕ

ЕЛЧĔК, апрелĕн 6-мĕшĕ. (Телефонпа). Районти колхозсен уй-хирĕсенче çурхи ĕçсем пуçланчĕç. Ворошилов ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕн членĕсем кăçал кашни гектартан 30 центнертан кая мар тĕштырă илме обязательство илнĕ. Пысăк тухăçлă тырпулшăн кĕрешсе, колхозниксем икĕ кун хушшинче 100 гектар çинчи кĕрхи тырăсен калчине минераллă удобренисемпе апат пачĕç.

Михайловский юлташ ертсе пыракан уй-хир бригади 30 гектар çинчи кĕрхи тырăсен калчине азотлă, калиллĕ тата фосфорлă удобренисемпе апат пачĕ. Калчасене апат панă çĕрте 600 колхозник ытла ĕçлет.

Ĕнер Нина Аленова, Лидия Шахеева, Клавдия Михайловская колхозницăсем 2-шер гектар çинчи калчасене апат пачĕç, талăкри ĕç нормине иртерсе тултарчĕç.

Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз (председателĕ В. Зайцев юлташ) кăçал пурĕ 455 гектар çинчи кĕрхи тырăсене минераллă удобренисемпе апат парать.

М. ЕФРЕМОВ.

* * *

ЧУРАЧĂК, апрелĕн 6-мĕшĕ. (Телефонпа). Районти чылай колхозсем уй-хирти çурхи ĕçсене тума тытăнчĕç. Калинин ячĕпе тăракан колхоз иртнĕ икĕ кун хушшинче кĕрхи тырăсен калчине 49 гектар çинче минераллă удобренисемпе апат пачĕ. Кĕрхи тырăсене апат пама çавăн пекех Малти Антавăшри Ленин ячĕпе тăракан, «Родина», «Победа» тата Метикассинчи Ленин ячĕпе тăракан колхозсем тухнă.

В. ПРОКОПЬЕВ,
агроном.

## Машинăсен вăйĕпе туллин усă куратпăр

Пĕрлешсе пысăкланнă Киров ячĕпе тăракан колхозра хĕлĕпе машинăсен шавĕ лăпланма пĕлмерĕ. Амбарсем патĕнче моторсен вăйĕпе тырă сортламалли «ОС-3» машина, «ВС-2» веялка, триер таттисыпписĕр ĕçлерĕç. Ĕçе механизацилениве пула колхоз кĕске вăхăтрах çураки иртерме тап-таса, шултра вăрлăх хатĕрлерĕ.

Ялхуçалăх ĕçĕсене механизацилес тĕлĕшпе Иван Гавриловпа Степан Викторов рационализаторсем час-часах паха сĕнӳсем параççĕ. Вĕсем тăрăшнипе, юрăхсăра тухнă «ГАЗ-АА» автомашина моторĕпе усă курса, трансмиссионнăй валсем урлă тĕрдĕрен механизмсене çавăрттармалли куçса çӳрекен агрегат тунă. Агрегат колхоз хуçалăхĕнчи алăпа тумалли чылай ĕçсене механизацилеме май пачĕ. Çуллахи кунсенче ку агрегатпа колхоз мĕнпур тырпулăн 40 процентне çапса пуçтарчĕ. Çав агрегатпах обществăллă çурт-йĕр тата выльăх-чĕрлĕх витисен кăмакисене тума кирпĕч çапнă чухне тăм çăрмалли машинăна ĕçлеттернĕ.

Ку агрегатпа колхоз хуçалăхĕнчи ытти нумай ĕçсене тунă çĕрте те усă курма пулать. Унпала халĕ çаврака пăчкăна çавăрттараççĕ, колхозра ялхуçалăх культури суртне тунă çĕрте кирлĕ рейкăсем çурса хатĕрлеççĕ.

Машина пысăк вăй пулнине колхоз правленийĕ лайăх ăнланать. Çавăнпа та хуçалăхри ĕçсене механизацилеме тăрăшать, çулсеренех çĕнĕ машинăсем туянать, кивĕ машинăсене юсавлă тытать. Ялхуçалăхĕнче кирлĕ машинăсен шучĕ те ӳссе пырать. Халĕ колхозра грузсем турттармалли автомашина иккĕ, молотилкăсем иккĕ, жнейкăсем 12, дисклă сеялкăсем 4, сортировкăсем, выльăх апатне турамалли машинăсем тата горючипе ĕçлекен двигательсем пур.

Колхоза Вăрнар МТС-ĕ нумай пулăшать. Вăл пулăшнипе колхозра çулсеренех тырă вырас, авăн çапас, кантăр клевер, йĕтĕн вăрри шĕкĕлчес, выльăх апатне вĕтетес ĕçсене пĕтĕмпех механизациллеççĕ.

Халĕ колхоз МТС-па договор туса çирĕплетнĕ. Договор тăрăх çуракинчи мĕнпур ĕçĕсене 7 кун хушшинче туса пĕтерме, мĕнпур çĕр лаптăкне тракторсемпе ĕçлеме палăртнă. Çырма-çатраллă тата маларах типекен вырăнсенче кăна колхоз хăйĕн вăйĕпе ĕçлет. Кĕрхи çĕртме туса хăварнă пĕтĕм лаптăка ик-виçĕ хут сӳреме тата культиваци тума палăртнă. Тырпула пĕтĕмпех трактор вăйĕпе акмалла. Ку ĕçсене тума МТС гусеницăллă виçĕ трактор тата урапаллă трактор парать.

Колхоз çулсеренех механизаторсен шкулне, МТС çумĕнчи курссене çынсем ярать. Вĕренсе тухнă механизаторсенчен чылайăшĕ колхозра ĕçлет. Моисей Майоров, Таисия Бородавкина, Александр Павлов, Василий Александров юлташсем паллă механизаторсем пулса тăчĕç. Халĕ вĕсем çураки вăхăтĕнче сехет графикĕ тăрăх ĕçлеме план тăваççĕ.

— Эпир тăван колхоз уй-хирĕнче тракторсемпе тухăçлăн усă курса, çĕр ĕçне агротехника хушнă пек туса, кăçалхи çул вăтам шутпа кашни гектартан 100 пăтран кая мар тĕштырă ӳстерсе илессишĕн кĕрешетпĕр,—теççĕ вĕсем.

Тĕрлĕрен машинăсемпе анлăн усă курса колхоз çĕрĕç культурине ӳстерет, унăн хуçалăхĕ пур енĕпе те аталанса пырать. Иртнĕ çулта уйрăм участоксенчен кĕрхи тулăпа урпа 20—23-шер центнер, пăрçа 19-шар центнер пухса илнĕ. Обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана пур выльăх-чĕрлĕх тата кайăк-кĕшĕк енĕпе те иртерсе тултарнă. Выльăх-чĕрлĕхрен илекен тупăш та ӳссех пырать.

Е. ЗАХАРОВ.

Вăрнар районĕ.

## Агротехникăлла ĕçсене тумаççĕ

Чăн ĕнтĕ, Вăрманкас ялĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхозăн çураки валли вăрлăх пур, ăна кĕркунне пĕр хут тасатнă. Урапа-сӳресем, михĕсем çителĕклĕ, ут таврашĕсем çĕнĕрен илнĕ. Колхоз правленийĕ 1953 çулхи ĕçсен планне бригадăсенче сӳтсе явнă, уй-хир бригадисене производствăллă заданисем панă.

Анчах туман ĕçсем колхозра халĕ нумай-ха. 57 гектар çинчи тырра çапса пĕтермен, çĕрулми вăрлăхĕ 20 тонна çитмест, ялхуçалăх машинисене юсама тытăнман. Иртнĕ çулта гектар пуçне вăтамран 4,3 центнер кăна тĕштырă туса илнĕ. Çакă вăл ĕçсене вăрăма хăварса туса пынинчен килнине ăнланаççĕ пулин те, кăçал та çуракине хатĕрленес ĕç çине кирлĕ пек пăхмаççĕ. Кунта халĕ те Чкаловски районĕнчи колхозниксен чĕнĕвне колхозниксен пухăвĕсенче сӳтсе явман, пĕтĕм республикипех анлăн сарăлнă социализмла ăмăртăва хутшăнман.

Колхоз правленийĕ агротехника мероприятийĕсене пурнăçлама тăрăшмасть. Хире кăçал пачах та юр тытса юлман, тĕштырăсене иккĕмĕш хут сортласа тасатман, вĕсен пахалăхне те тĕрĕслеменха. Хире планпа 3.500 тонна тислĕк кăлармалла, анчах пурĕ те 100 тонна çеç кăларнă. Колхозниксен килĕсенчен тислĕк кăларас ĕçе йĕркелемен. Минераллă удобренисем кӳрсе килмен, торф хатĕрлеме тытăнман. Тырă калчисене çуркунне апатлантарма 170 центнер кĕл тата 80 центнер кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ пухса хатĕрлемелле, анчах бригадирсем те, колхоз правленийĕ те кун çинчен халĕ шутламаççĕ-ха.

А. АФАНАСЬЕВ.

Çĕмĕрле районĕ.

*ПАРТИ ПУРНĂÇĔ*

# Кандидатсемпе ĕçлессине вăйлатмалла

ЭЛЕК. КПСС райкомĕн пленумĕ парти членĕн кандидачĕсемпе ĕçлесси мĕнле пыни çинчен сӳтсе явrĕ. Ку ыйтупа райком секретарĕ Н. Федоров юлташ доклад туса парĕ.

«Правда», Молотов ячĕпе, Чкалов ячĕпе тăракан колхозсенчи пуçламăш парторганизацисем кандидатсемпе ĕçлессине лайăхлатнă. Кунта кандидатсене общественлă ĕçе ытларах хутшăнтараççĕ, вĕсене вĕрентес ĕçе лайăх йĕркеленĕ. Парти пухăвĕсене вăхăтра тата идея тĕлĕшĕнчен çӳлĕ пусăмра ирттереççĕ.

Анчах чылай парторганизацисенче парти членĕн кандидачĕсене политикăна вĕрентес ĕçе япăх йĕркеленĕ. Кружоксемпе политшкулсенчи занятисен идейăллă содержанине лайăхлатмаççĕ, харпăр хăй тĕллĕн вĕренекен çамрăк коммунистсем мĕнле ĕçленине куллен тĕрĕслесе тăмаççĕ. Нумай парторганизацисем çамрăк коммунистсене, кандидатсене общественлă тата политикăллă пурнăçа çителĕклĕ хутшăнтармаççĕ.

«Красная заря» колхозри пуçламăш парторганизацинче кандидатсемпе ĕçлесси уйрăмах япăх тăрать. Кандидатсене политикăллă ĕçсене хутшăнтарман, парти порученийĕсем паман.

Максим Горький ячĕпе тăракан колхозра коммунистсем парти порученийĕсене епле пурнăçласа пынине тĕрĕслемеççĕ, ĕçре вăхăтра пулăшу памаççĕ. Çавна пула кунта виçĕ çыннăн кандидатра тăмалли стаж тухнă.

Кандидат стажĕ тухнă коммунистсем çавăн пекех Шверник ячĕпе, Жданов ячĕпе, Свердлов ячĕпе; Киров ячĕпе тăракан, «Дружба» колхозсенчи, Шарыпкăри территориллĕ пуçламăш парторганизацисенче те пур. Шверник ячĕпе тăракан колхозри парторганизацири парти членĕн кандидачĕ Алексеев юлташ иккĕмĕш çул политшкул занятийĕсене çӳремест, член укçи 9 уйăх хушши тӳлемен. Районĕпе илсен, парти членĕн кандидачĕсенчен 23 çын нимĕнле хаçат-журнал та çырăнса илмест.

Пленум пуçламăш парторганизацисене парти членĕн кандидачĕсемпе ĕçлессине тĕпренех лайăхлатма хушса хăварчĕ.

**С. ТИХОНОВ.**

* * *

КРАСНОАРМЕЙСКИ. КПСС райкомĕн V-мĕш пленумĕ, парти ретне илес тата çамрăк коммунистсене воспитани парас ĕç мĕнле пыни çинчен сӳтсе явса, çак ĕçре пысăк çитменлĕхсем пуррине палăртрĕ.

Районти парторганизацире кандидат стажĕ тухнă коммунистсен йышĕ 80 процентран иртет. Çакăн пек кандидатсем уйрăмах «Сталинец», «Родина», «Большевик», Молотов ячĕпе тăракан, «Красное Сормово» колхозсенчи, МТС-ри парторганизацисенче нумай. Ку вăл райкомпа пуçламăш парторганизацисем КПСС Уставĕ кандидатсемпе ĕçлеме хушнине кирлĕ пек пурнăçласа пыманнинчен, çамрăк коммунистсене воспитани парас тĕлĕшпе мĕнпур майсемпе усă курманнинчен килнĕ.

Чылай парторганизацисенче кандидатсене воспитани парассине парти пухăвĕсемпе порученисем пани урлă туса пырасси йăлана кĕмен. «Сталинец» колхозра иртнĕ çулта парти пухăвĕсем 19 пулнă. Анчах парти кандидачĕ А. Гаврилов пĕр пухура та сăмах тухса каламан. Ăна порученисем те памаççĕ. Ахальтен мар ку парторганизацири 6 кандидатран кашниннех кандидатра тăмалли стаж тухнă. Çавашкалах «Гвардия» колхозри, ялхуçалăх пайĕнчи, финанс пайĕнчи парторганизацисенче те коммунистсен активлăхне ӳстерес ĕçе хакламаççĕ.

Парти членĕсемпе кандидачĕсене политикăна вĕрентесси те çителĕксĕр пулса пырать. Политшкулсемпе кружоксем, харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсем нумайăшĕ вĕренӳ программине пурнăçласа пымаççĕ. Идейăллă-политикăллă ĕçре пысăк çитменлĕхсем пуррине пула хăшпĕр коммунистсем партипе государство дисциплинине çирĕп тытса пымаççĕ.

Идейăллă воспитани ĕçĕ уйрăмах колхозри парторганизацисенче çителĕксĕр.

Сӳтсе явнă ыйту тăрăх пленум тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.

**Л. СЕМЕНОВ.**

## Райком пленумĕ ĕççыннисене кино кăтартасси çинчен

ВĂРМАР. КПСС райкомĕн пленумĕ ĕççыннисене кино кăтартасси мĕнле пыни çинчен райсовет исполкомĕн председателĕ М. Березнев юлташ тунă доклада сӳтсе явrĕ.

Районта 1 кинотеатр, 4 стационар, куçса çӳрекен 8 киноустановка ĕçлет. Ĕççыннисене кино кăтартассине лайăх организацилеме условисем çителĕклĕ. Анчах райсовет исполкомĕ тата унăн кинофикаци пайĕ ĕççыннисене кино кăтартассине япăх организациленĕ. Иртнĕ çулта киносеанссен планне 86 процент çеç тултарнă. Кăçалхи январьпе февральте 128 киносеанс кăтартайман. Çакна пула кинофикаци пайĕ укçа-тенкĕ тĕлĕшпе йывăрлăха кĕрсе ӳкнĕ.

Кинофикаци пайĕ ĕççыннисене кино кăтартассине график тăрăх туса пымасть. Иртнĕ çулта 17 ялта 4—6-шар хут, 8 ялта 1—2-шер хут кăна кино кăтартнă. Кăçалхи икĕ уйăх хушшинче 10 ялта пурĕ те 1—2-шер хут çеç кăтартнă. Кино енĕпе агитаци туни çук, афишăсене начар çырса çапаççĕ.

Киномеханиксене политикăллă воспитани парас ĕçе начар организациленĕ, вĕсем хушшинче ĕç дисциплинине пăсакансем пур. Кинофикаци пайĕн заведующийĕ В. Игнатьев юлташ хăй те ĕçе вăхăтра çӳремест. Кадрсене вĕрентсе хатĕрлес ĕçе йĕркелемен, çавăнпа 3 киномеханик, 2 моторист çитмест.

Райсовет исполкомĕ иртнĕ çулта кинофикаци пайĕн ĕçне лайăхлатасси çинчен виçĕ хут сӳтсе явнă, анчах йышăннă решенисем хут çинче кăна тăрса юлнă.

Ялсенче кино кăтартассине лайăхлатас енĕпе пуçламăш парторганизацисемпе ял Совечĕсем те пуçарулă ĕçлемеççĕ. ВЛКСМ райкомĕ, культурăпа çутĕç учрежденийĕсем кино кăтартас ĕçе лайăхлатас, кинофильмсем çинчен ăнлантарас тĕлĕшпе нимĕн те тумаççĕ.

**Г. МАТВЕЕВ.**

## Халăх ырлăхĕшĕн тăрăшни

ЧУРАЧĂК. Районти ĕççыннисем ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ таварсен хакĕсене сĕнĕрен йӳнетесси çинчен йышăннă постановление чун-чĕререн ырлаççĕ.

Шăхалври «Гигант» колхозра пулнă митинга 200 çын ытла пухăнчĕ. Колхозниксем пĕрин хыççăн тепри тухса калаçрĕç. Вĕсем партипе правительствăна таварсен хакĕсене сĕнĕрен йӳнетнĕшĕн тав турĕç, колхоза организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен çирĕплетессишĕн, çуракине лайăх хатĕрленсе кĕске срокра ирттерессишĕн, тырпул тухăçлăхне ӳстерессишĕн тата общественлă выльăх-чĕрлĕх нумайрах ĕрчетессишĕн кĕрешме пулчĕç.

— Таварсен хакĕсене сĕнĕрен йӳнетни вăл Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви халăх пурнăçне аванлатассишĕн куллен тăрăшни пулать,— терĕ И. Викторов юлташ.— Пирĕн çĕршыври ĕççыннисем яланах Ленин—Сталин партийĕ тавра тачă пĕрлешсе ĕçлерĕç, парти ертсе пынипе çĕнĕ те çĕнĕ çĕнтерӳсем туса пычĕç. Çак çĕнĕ хыпар пире кашнинех хăйĕн вырăнĕнче тата ытларах тăрăшса ĕçлеме хавхалантарать. Пирĕн социализмлă Тăван çĕршывăн хăватне вăйлатассишĕн, çĕнĕ çитĕнӳсем тăвассишĕн тимлĕ ĕçлес пулать.

Митингра тухса каланă ытти колхозниксем те таварсен хакĕсене сĕнĕрен йӳнетни хăйсен шухăш-кăмăлне çĕклентерни, пĕтĕм вăя парса ĕçлеме хатĕр пулни çинчен каласа пачĕç.

МТС-ри, «Красное Сормово» тата «Прожектор» колхозсенчи митингсем те активлă иртрĕç. Ялхуçалăх механизаторĕсем çĕрĕç культурине ӳстерессишĕн, ака-суха ĕçĕнчи пахалăхшăн, производство планĕсене ирттерсе тултарассишĕн пĕтĕм вăя хурса тăрăшма сăмах пачĕç. Колхозниксем çуракине кĕске вăхăт хушшинче ирттерме, агротехника кăтартăвĕсене тĕплĕн пурнăçласа пыма пулчĕç.

Таварсен хакĕсене йӳнетни ялти ĕçченсен политикăллă тата ĕçри хастарлăхне ӳстерчĕ.

**И. КОНСТАНТИНОВ.**

## Агитаторсемпе корреспондентсен канашлăвĕ

КАЛИНИНО. Çак кунсенче корреспондентсемпе стена хаçат редакторĕсен, культурăпа çутĕç учрежденийĕсенче ĕçлекенсен, партипе комсомол пуçламăш организацийĕсен секретарĕсен канашлăвĕ пулчĕ. Канашлура пулнисем ялхуçалăхне аталантарас тĕлĕшпе партин XIX-мĕш съезчĕ каларса тăратнă аслă программăна пурнăçлас, çуракине хатĕрленсе ирттерес тĕлĕшпе агитаторсемпе корреспондентсем тата выранти пичет умĕнче тăракан задачăсене сӳтсе яврĕç.

Докладчик—КПСС райкомĕн секретарĕ И. Прокопьев юлташ тата прениpе тухса калакансем ĕççыннисем хушшинчи агитациллĕ-массăллă ĕç тата пуçламăш парторганизацисем выранти пичете ертсе пырасси лайăхланса пынине палăртрĕç.

Куншпа пĕрлех канашлу Калинин ячĕпе, Энгельс ячĕпе, Чапаев ячĕпе тăракан колхозсенчи тата машина-трактор станцисенчи пуçламăш парторганизацисем агитациллĕ-массăллă ĕçе çителĕксĕр йĕркеленине палăртрĕ.

Тухса калаписенчен чылайăшĕ районти тата республикăри хаçатсен çитменлĕхĕсене, вĕсем вулакансемпе çителĕксĕр çыхăнса ĕçленине палăртрĕç, районта хаçат-журнал сарасси çителĕксĕр пынине кăтартса пачĕç.

Канашлура пулнисем колхозсене организаципе хуçалăх енĕпе тĕреклетессишĕн, çуракине лайăх хатĕрленсе кăтартуллă ирттерессишĕн, агитациллĕ-массăллă ĕçĕн содержанине вăйлатассишĕн кĕрешме пулчĕç.

**А. ОСОКИН.**

*Хаçатсен страницисем тăрăх*

# Тăван çĕршыв вăй-хăвачĕпе тĕрекĕшĕн

Халăх ырлăхĕшĕн, унăн материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене лайăх тивĕçтерсе пырассишĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшасси—Коммунистсен партийĕпе Совет правительствин пĕтĕм ĕçĕнчи чи аслă закон. Апат-симĕç тата промышленность таварĕсен ваккăн сутмалли государственнăй хакĕсене сĕнĕрен, черетпе шутласан улттăмĕш хут, йӳнетни çакна яр-уççăн çирĕплетсе парать. Совет çыннисем хăйсемшĕн сталинла тăрăшнăшăн партипе правительствăна чунтан-чĕререн тав туса, коммунизм строительствинче тата хастартарах ĕçлеме сăмах параççĕ.

### „Пирĕн чи пысăк тав—стахановла ĕç"

«Сталинский путь» хаçат ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕпе Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн постановленине Канаш хулинчи ĕççыннисем питех те пысăк хаваспа кĕтсе илнине кăтартать. Çавна май вĕсем ĕç тухăçлăхне ӳстерессишĕн, продукцин хăйпе ларакан хакне чакарассишĕн кĕрешессине вăйлатнине палăртать.

Чугун çул станцинче пулса иртнĕ митингра весовщик Суриков юлташ çапла каланă:

**«Апат-симĕç тата промышленность таварĕсен хакĕсене каллех йӳнетмелле туни пирĕн ĕç укçине нумай хăпартать. Манăн çемьере ултă çын. Апат-симĕç продуктсем туянас енĕпе илсен кăна манашне уйăхсерен 100 тенке яхăн укçа перекетленет, промышленность таварĕсем туянассине те шутласан—тата ытларах».**

Г. М. Маленков юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче: «Рабочисемпе служащисен реальнăй ĕç укçине тата хресченсен реальнăй тупăшĕсене ӳстерсе пымалли паллă çăлкуç вăл — пурне те кирлĕ таварсен хакĕсене правительство тăтăшах йӳнетсе пыни пулать»,—тесе кăтартса пани пирĕн çĕршывра пурнăçа кĕрсе пынине «Сталинский путь» хаçат ĕненмелле тĕслĕхсемпе çирĕплетсе парать.

Сĕнтĕрти пир-авăр тĕртекен фабрика коллективĕ, партипе правительство йышăннă постановленипе хавхаланса, стахановла вахтăна тăнă. Кунта ĕçлекенсем, Май уявĕ умĕнхи ăмăртăва хутшăнса, апрельти программăна 120 процент тултарма обязательство илнĕ. «Ĕç ялавĕ» хаçатра пичетленнĕ статьяра фабрикăри митингра Е. Кольцова ткачиха каланă сăмаха кĕскен илсе кăтартнă:

**«Пурнăç лайăхланса пынă май татах та лайăхрах ĕçлес килет, хастарлă ĕçпе Тăван çĕршыв вăй-хăватне тĕреклетес килет;**—тенĕ вăл.—**Партипе правительство совет çыннисемшĕн тăрăшни çине ответлесе, эпĕ производство заданине ирттерсе тултарма, продукци пахалăхне лайăхлатма пулатăп».**

Партипе правительство ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатас тĕлĕшпе туса ирттерекен кашни мероприятие хĕрӳ ĕçпе ответлесси совет çыннисен йăлине кĕнĕ ĕнтĕ.

«Колхозник хаçачĕ» Ишлейри райпромкомбинат коллективĕ иккĕмĕш квартал планне 110 процентран кая мар, çулталăкри плана декабрĕн 5-мĕшĕ тĕлне пурнăçлама пулни çинчен пĕлтерет.

Районти хаçатсен, ĕççыннисен халиччен пулман ĕçри çĕкленĕвĕпе усă курса, вĕсене производство планĕсене ăнăçлă тултарассишĕн, ĕç тухăçлăхне ӳстернĕçемĕн ӳстерсе пырассишĕн, продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн, перекетлĕх режимне çирĕп тытса пырассишĕн кĕрешме мобилизацилемелле.

### Колхоз хресченĕсемпе ялхуçалăх механизаторĕсен савăнăçĕ

Таварсен хакĕсене сĕнĕрен йӳнетни çинчен калакан хыпар колхозлă ял ĕçченĕсене, пĕтĕм совет халăхне савăнтарнă пекех, тӳлли савăнăç кӳчĕ.

**«Партипе правительство халăхăн телейлĕ пурнăçĕшĕн тăрăшни пире, колхоз хресченĕсене, партин XIX-мĕш съезчĕ ялхуçалăхĕ умне кăларса тăратнă задачăсене ăнăçлăн пурнăçлассишĕн кĕрешме тата ытларах хавхалантарать, çĕнĕ вăй-хăват хушса парать,**—тет Вăрмар районĕнчи «Большевик» колхоз председателĕ И. Филимонов юлташ.

Октябрьски районĕнчи **«Хĕрлĕ Октябрь»** хаçат та çак кунсенче колхозниксен ĕçри хастарлăхĕ ӳсни çинчен статьясем нумай пичетлет.

Таварсен хакĕсене йӳнетнĕшĕн савăннине колхозлă ял хăй хывакан сăвă-юрăсенче те палăртать. **«Хĕрлĕ Октябрь»** хаçатра Г. Канаш юлташ хăйĕн чĕринчи туйăма акă мĕнле каласа парать:

«Çĕкленнĕ кăмăлĕ мăнаçлăн
Кашнийĕн кăкăрта.
Тăван çĕршыв, епле хăватлăн
Утан эс малалла!»

Колхоз хресченĕсемпе ялхуçалăх механизаторĕсен, ялхуçалăх специалисчĕсен ĕçри пултарулăхне хускатса, вăйлатса пырассишĕн кĕрешесси—выранти пичетĕн хисеплĕ тивĕçĕ.

### Ĕççыннисем тавар нумай туянаççĕ

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви таварсен хакĕсене тăтăшах йӳнетсе пынипе ĕççыннисем таварсем сутăн-сул нумайтарах туянаççĕ. Таварсен хакĕсене кăçалхи апрелĕн 1-мĕшĕнче йӳнетнипе пула совет çыннисем çулталăкра кăна 53 миллиард тенкĕрен кая мар усă илеççĕ.

**«Апрелĕн 1-мĕшĕнче Кӳкеç ялповĕн поселокри магазинĕнче тавар илекенсем уйрăмах йышлăн пулчĕç,**—тесе çырать А. Тимофеев юлташ Шупашкар районĕнчи **«Ленин çулĕпе»** хаçатра.—**Магазинтан кун каçах халăх татăлмарĕ. Пурĕ 500 çын ытла çĕнĕрен йӳнетнĕ хакпа тĕрлĕрен таварсем туянчĕç».**

Республикăри **«Çамрăк коммунист»** хаçат, хăйĕн апрелĕн 5-мĕшĕнчи номерĕнче «Çамрăк рабочи илнĕ тавар» ятлă статья тата фотоӳкерчĕк пичетлесе, питĕ тĕрĕс турĕ. Вулакансем пирĕн республикăри çĕршер рабочисенчен пĕринпе—Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлă заводра ĕçлекен Иван Яшурин пурнăçĕпе паллашрĕç. Вăл çамрăк механик, производство заданине кашни уйăхрах 280—300 процент тултарать. Таварсен хакĕсене йӳнетнĕ хыпара вăл, пур рабочисем пекех, пысăк хаваслăхпа кĕтсе илнĕ. Яшурин юлташ апрелĕн 1-мĕшĕнче йӳнетнĕ хакпа таварсем нумай туяннă, çав шутра вăл 3.870 тенкĕ тӳлесе мотоциклет илнĕ, çапла вара, хăйĕн тахçанхи ĕмĕтне пурнăçланă.

**«Ĕçшĕн пире лайăх тӳлеççĕ,** — тет вăл.—**Задание планран ирттерсе тултарнă чухне эпĕ кашни уйăхрах 1.500 тенкĕ ĕçлесе илетĕп».**

Хаçатсен суту-илӳ организацийĕсем ĕççыннисен ыйтăвĕсене тивĕçтерес тĕлĕшпе мĕнле ĕçленине тăтăш çутатса тăрас пулать, суту-илӳ работникĕсене тавар çаврăнăш планне тултарассишĕн кĕрешме мобилизацилесе пымалла.

*Редакцие килнĕ çырусем*

## М. Васильев хăйĕн йăнăшне ăнланман

Иртнĕ çулта «Çамрăк коммунист» хаçатра эпир Вăрнар районĕнчи Уравăш вăтам шкулĕнче вĕренекен, сăвăсем çыркалакан Михаил Васильев паллă поэтсен сăввисене вăрласа çырни çинчен статья вуланăччĕ. Каярахпа Уравăш вăтам шкул дирекцийĕ Васильева сăвăсем вăрласа çырнăшăн асăрхаттарни çинчен пĕлтерни те пичетленнĕччĕ. Анчах М. Васильев халĕ те хăйĕн йăнăшне ăнланса илмен иккен.

Февралĕн 22-мĕшĕнче «Коммунизм ялавĕ» хаçатра Михаил Васильевăн «Çитрĕ суйлав кунĕ» ятлă сăвви пичетленсе тухрĕ. Шăхасан районĕнчи «Вăйлă тырпулшăн» хаçата вулакансем çак сăвăпа паллашрĕç те тĕлĕнсех кайрĕç, мĕншĕн тесен вĕсем çак сăвва 1951 çултах вуланă. Анчах ун чухне сăвă авторĕ М. Васильев мар, В. Веселовпа, В. Куропаткин пулнă. Васильев икĕ сăвăран пĕр сăвă туса «йĕркеленĕ» те, хăйĕн сăвви пек кăтартса, ăна редакцие янă.

1951 çулта «Вăйлă тырпулшăн» хаçатра пичетленнĕ «Çамрăк суйлавçă» сăвă çакăн пек пуçланать:

Кăвакарчĕ шурăмпуçĕ,
Февраль ирĕ пуçланать.
Çитрĕ кĕтнĕ суйлав кунĕ—
Ăна кĕтнĕ тахçанах.

Халĕ М. Васильев сăввине вулатпăр:

Кăвакарчĕ шурăмпуçĕ,
Февраль ирĕ пуçланать.
. . . . . . . . . .
Çитрĕ акă суйлав кунĕ,
Ăна кĕтнĕ тахçанах.

Михаил Васильевăн сăввинче хăй пусĕпе шутласа çырнă йĕркесем пачах та çук. Çакă вăл—комсомолецăн таса ятне сĕртекен япала. Сăвă вăрласа çырни айăплă ĕç пулса тăрать.

М. Васильев 1952 çулччен Шăхасан районĕнчи Ăвăспӳрт вăтам шкулĕнче вĕреннĕ. Киревсĕр ĕçсем тунăшăн шкул дирекцийĕ ăна шкултан кăларса ямалла тунă. Вăрнар районĕнчи Уравăш вăтам шкулне Васильев мĕнле майпа пырса кĕни пире паллă мар. Анчах Васильев комсомолец çаплипех хăйĕн йăнăшĕсене, хăйĕн айăпне ăнланса илменни, вăл таса чĕреллĕ комсомолец марри пирĕншĕн питĕ паллă.

**В. ВЕСЕЛОВ,**
**В. КУРОПАТКИН.**

## Кам пулăшĕ-ши йĕркесĕрлĕхсене пĕтерме?

Кăçалхи январь уйăхĕнче Канаш райисполкомне Шупашкартан çыру килнĕ. Унта Доронин ячĕпе тăракан колхозра, Канаш райисполкомĕн ялхуçалăх пайĕпе МТС пулăшманнипе пула, тĕрлĕ ялхуçалăх машинисемпе агрегатсем нумай вăхăт хушши усăсăр выртни, ветеринари работникĕсем лашасене чиртен сыватма пулăшманни, ялхуçалăх пайĕн айăпĕнех виçĕ çул вĕренмелли агрозоокурс ĕçлеме пăрахни çинчен çырнă пулнă. Сӳтсе асăннисене тĕрĕслеме, çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе кирлĕ мерăсем йышăнма ыйтса янă та ĕнтĕ Канаш райисполкомне çак çырăва. Анчах та Канаша çитсен кӳ çыру çине урăхла пăхма пуçланă. Райисполком руководителĕсем ялхуçалăх пайĕнчи çитменлĕхсем çинчен çырнă çырăва тĕрĕслеме... ялхуçалăх пайнех хушнă. Ялхуçалăх пайĕн заведующийĕ вара, çырура кăтартнă çитменлĕхсене тĕрĕслемесĕрех пĕлнĕ пулин те, ветеринари врачĕ Захаровпа агроном Волков юлташсене тĕрĕслеме хушнă. Захаровпа Волков юлташсем вырăна çитсенех «кирлĕ пек мерăсем йышăнма» тытăннă. «Мĕншĕн эсир ялхуçалăх пайне пĕлтермесĕр тӳрех çӳлти органсене жалобăсем çыратăр...»—тесе асăрхаттарнă Волков агроном çыру авторне.

Çапла каласкаланă, колхоз руководителĕсенчен, хăйсен айăпĕсене е тата хăйсен юлташĕсен çитменлĕхĕсене витсе хăварма справкăсем илнĕ хыççăн, Волков агрономпа Захаров ветврач Канаша тухса кайнă.

Çыру мĕнпе вĕçленесси халĕ паллă ĕнтĕ. Мĕншĕн тесен Канаш райисполкомĕ жалобăна кам çинчен çырнă, çавсене тĕрĕслеме хушнă.

1952 çулти май уйăхĕнче Яманкассиклубне туса çитересси çинчен, вырăнта ыйту татса паман пирки, çӳлти органсенчен пулăшу ыйтса çырнă çырăва Канаш райисполкомне тĕрĕслеме ярсан, унтан çапла пĕлтернĕ: «Корреспонденцире кăтартнă çитменлĕхсене пĕтересси çинчен Яманкасси ял Совет исполкомĕн ларăвĕнче пăхса тухса, кăçалхи июнĕн 15-мĕшне клуба туса çитерме йышăннă». Анчах та Яманкассинче нимĕнле решени те пулман.

Доронин ячĕпе тăракан колхоз 10 пин тенкĕ расходласа ветродвигатель туяннă пулнă. Çак агрегата 7—8 çул хушши вырнаçтармасăр выrттарнă, ăна пайăн-пайăн салатса пĕтернĕ.

Çырăва çак йĕркесĕрлĕхсене пĕтерме пулăшас ĕмĕтпе çырнă. Анчах ĕçĕ йăлтах тĕлĕнмелле урăхла вĕçленет. Кам пулăшĕ çак йĕркесĕрлĕхе пĕтерме?

**И. МУКШИН.**

РЕДАКЦИРЕН: КПСС Канаш райкомĕ И. Мукшин юлташ çырăвĕнче пур çитменлĕхсене те тĕрĕс кăтартса пани çинчен «Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцине пĕлтерчĕ. КПСС райкомĕ райисполком председательне Соловьев юлташа вăл ялхуçалăх пайĕн çитменлĕхĕсем çинчен çырнă çырăва ялхуçалăх пайнех тĕрĕслеттерсе йăнăш туннине кăтартса панă. Парти райкомĕ çавăн пекех ялхуçалăх пайĕн работникне Волков юлташа вăл çыру авторне Мукшин юлташа «çӳлти органсене жалоба çырма юрамасть» тесе тĕрĕс мар тунăшăн асăрхаттарнă.

# Халăхсен вилĕмсĕр тусĕпе çулпуçĕ

Сталин пурнăçпа ирĕклĕхĕн символĕ пулса, мирпе телейлĕхе çутатса тăракан хăват пулса халăхсен ăс-тăнне вырнаçрĕ. Унăн ячĕ пирĕн чĕремĕрте малашлăха ĕненсе тăрас, хамăр вăй çине шанас туйăма çĕклентерсе пынă, çав туйăма унăн ячĕ малашне те вăйлатса пырĕ. Пирĕн шухăш усăмлăхĕ те, ĕç ăнăçлăхĕ те, пирĕн телейлĕх те унăн ячĕпе тачă çыхăнса тăраççĕ. Сталинăн кашни шухăшĕпе кашни сăмахĕ, унăн ĕçĕсем пирĕн пурнăçăмăра çутăрах кунсем илсе килĕç, пире çĕнĕ çĕнтерӳ патне илсе пырĕç. Вăл ертсе пынипе малашлăха çĕнсе илесси, унпа пĕрле коммунизмра пурăнасси—çакă вăл пирĕн чи таса ĕмĕт пулнă.

Сталинăн ячĕ совет çыннисен чĕринче кăна мар, пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисен, ирĕклĕхпе демократишĕн кĕрешекен тӳрĕ кăмăллă мĕнпур çынсен чĕринче пысăк хастарлăхпа паттăрлăх туйăмĕсене çĕклентерет. Сталин—пултарулă гений, çутă пурнăçпа телейлĕхĕн ĕмĕрлĕх çăлкуçĕ. Сталин ячĕ—ирĕклĕ халăхсен çĕнĕ пурнăç тăвас кĕрешĕвĕн ялавĕ, империализм чуралантарнă халăхсен çутă шанăçĕ. Унăн хаклă та тăван ячĕ этемлĕх чĕринче ĕмĕр-ĕмĕрех упранĕ.

Сталин юлташăн пурнăçĕ этемлĕх историйĕнчи мухтавлă страница пулса тăрать. Унăн пурнăçĕ—тӳрĕ тата ырă кăмăллă пулмалли тĕслĕх, хастарлăхпа паттăрлăх тĕслĕхĕ, халăха виçĕ-хĕррисĕр юратма тата пролетариат ĕçне чун-чĕререн парăнса ĕçлеме вĕрентекен тĕслĕх пулса тăрать. Сталин юлташ мĕнпур халăхсемпĕн ырри-кашни тăрăшнă, çавăнпа та вăл пирĕн çулпуçăмăрăн, атăмăрăн тата учителĕмĕрĕн ячĕ пĕтĕм халăхсен мухтавĕ пулса тăрать. Мĕнпур халăхсем пурте хăйсен ирĕклĕхĕпе телейлĕхĕшĕн пыракан аслă кĕрешӳре Сталин юлташ пулăшнипе хавхаланса пынă.

Сталин иртнĕ пурнăçа çитĕ лайăх пĕлсе тăнă, вак халăхсемпе пысăк халăхсен хальхи вăхăтри пурнăçĕпе ĕмĕтне лайăх пĕлнĕ, вĕсен кĕрешĕвне çул кăтартса пынă. Сталин Ленинпа пĕрле патша Российĕнчи халăхсене пусмăртан ирĕке кăларчĕ. Ĕлĕк кая юлнă пирĕн Тăван çĕршыва Сталин тĕнчере чи малта пыракан индустрипе культура çĕршывĕ туса хучĕ.

Ирĕклĕ те телейлĕ пулнăшăн манăн азербайджан халăхĕ аслă Сталина тав туса пурăнать. Сталин юлташ патшан юнлă саманиче, бексемпе хансем хуçаланса иртĕхнĕ тапхăрта, азербайджан халăхĕн кĕрешĕвне организацилерĕ тата хавхалантарса пычĕ. Сталин пирĕн халăха ирĕклĕхпе телей пачĕ. Вăл Баку хулинче нумай çулсем пурăнса ĕçленĕ, азербайджан халăхĕн кĕрешĕвне организациленĕ, Баку пролетариатне класс кĕрешĕвĕн çулĕмĕнче вĕрентсе пиçĕхтернĕ. Сталин юлташ хăй ыттисене пулăшма яланах хатĕр пулнă, халăхăн пурнăçĕпе историне тата культурине тĕплĕн тĕпчесе вĕреннĕ, чи лайăх та малта пыракан борецсене тĕплĕн пĕлсе тăнă, вĕсене мĕнпур енĕпе çул кăтартса пынă. Ханлар Сафаралиев, Мешади Азизбеков, Мухтадир Айдинбеков, Кази Магомед тата ыттисем те аслă Сталинăн воспитанникĕсем тата унăн шанчăклă ученикĕсем пулнă.

Вăл Азербайджана, унăн халăхне, культурипе искусствине юратнă. Ĕлĕк кая юлнă Азербайджан, Сталин юлташ куллен тăрăшнине пула, халĕ малта пыракан социализмла республика пулса тăчĕ; вăл халĕ Хĕвелтухăçри кая юлнă, империализм пусмăрлăхĕнче хурлăх тӳсекен çĕршывсенчен иртсе кайрĕ кăна мар, Хĕвеланăç Европăри нумай çĕршывсене те кая тăратса хăварчĕ. Советла Азербайджанра пĕтĕмĕшле пĕлӳ паракан шкулсем 3.622 шутланаççĕ, вĕсенче 650 пин ача вĕренет. Тепĕр майлă каласан, унта халĕ шкула çӳреме çул çитнĕ ачасем пурте вĕренеççĕ.

Советла Азербайджанра 20 аслă шкул, вĕсенче рабочисемпе колхозниксен тата интеллигенцин ывăл-хĕрĕсем аслă пĕлӳ илеççĕ. Пирĕн республикăра кашни 10 пин çын пуçне 97 çын аслă шкулта вĕренет, Италирипе е Францирипе танлаштарсан, пирĕн республикăра аслă шкулсенче вĕренекенсен хисепĕ 3 хута яхăн ытларах.

Сталин юлташ пирĕн халăхсене пĕтĕççтерсе туслантарни Азербайджан индустрине питĕ вăйлăн аталантарма май пачĕ. Сталин юлташ кăтартса панипе пирĕн халăх промышленноçăн çĕнĕ отраслĕсене—машинăсем тăвакан, хими тата ытти отраслĕсем тума пултарчĕ, Мингачуарта тата Кура—Аракс айлăмĕнче питĕ пысăк стройкăсем тăвать. Пирĕн халăха чаплă çĕнтерӳсем тăвас ĕçре аслă вырăс халăхĕ яланах пулăшнă, халĕ те пысăк пулăшу парса пырать. Тӳрĕ кăмăллă кашни азербайджанец пирĕн Тăван çĕршыври чи малта пыракан вырăс халăхне вĕçĕмсĕр тав тăвать, ăна сталинла юратса хисеплет.

Сталин юлташ—çĕр чăмăрĕ çинчи мĕнпур халăхсен çулпуçĕ тата учителĕ.

Европăри нумай çĕршывсенчи социализм тăвакан халăхсемпе ирĕклĕ Китай халăхĕ фашизмран тата империализм пусмăрĕнчен хăтарнăшăн Сталин юлташа вĕçĕмсĕр тав тăваççĕ. Халăхсем хăйсен пысăк туйăмĕсемпе чĕре патĕнчи шухăшне «Сталин! Сталин!» тесе каласа параççĕ. Хĕвелтухăçран пуçласа хĕвеланăçне çитиччен, çурçĕртен кăнтăра çитиччен—çĕр çинче пур çĕрте те çĕршер миллион çынсем çапла калаççĕ:

— Сталин—пирĕн шанăç!

Халăхсем Сталин ялавне, унăн идейине тата унăн вилĕмсĕр генине ĕненсе тăрассине нимĕнле вăй та аркатаймĕ. Тĕнчери тӳрĕ кăмăллă мĕнпур çынсем, пĕтĕм ĕççыннисем Сталина вĕçĕ-хĕррисĕр юратаççĕ, çак юрату калама çук пысăк. Çав хăватлă юрату кашни кун, кашни сехетрех пулакан ĕçсенче палăрать.

1945 çулта Иран Азербайджанĕнче, Тавриз патĕнчи сăрт айлăмĕнчен хăпармалли вырăнта, эпĕ пĕр арманта ĕçлекен 90 çулхи мельник-старикпе паллашрăм. Кăнтăрти ытти мĕнпур ĕççыннисем пекех, вăл питĕ нушаллă пурăннă. Çав старик чĕтре-чĕтре, хăйĕн имшеркке хулпуççийĕсене çĕтĕк-çатăкпа витkелесе ĕçлекелесе пурăннă. Хăйĕн вăрăм пурнăçĕнче Иран деспочĕсен тискерлĕхне чăтса пурăннă çак кăвакарнă старик, эпир совет çыннисем иккенне пĕлсен, калама çук тĕлĕнсе кайрĕ. Унăн тахçанах сӳннĕ куçĕсем темĕнле çутăпа çуталса кайрĕç, вăл хăйĕн чĕтрекен аллине çĕтĕк кĕпе хĕвне чиксе ячĕ те, кивелнĕ хутпа чĕркенĕ пĕр пĕчĕк портрет илсе кăларчĕ, унтан вăл çав портрета чуп турĕ те куçĕсем патне тытрĕ.

— Эпĕ ăна яланах чĕре çумĕнче тытса çӳретĕп,—терĕ старик,—вăл манăн чунăма ăшăтать.

Çакă вăл Сталин юлташăн портречĕ пулчĕ.

Сталина юратни çĕр çинчи миллионшар çынсен чĕрисене ăшăтать, вăй парса тăрать. Совет çыннисем пур çĕрте те хăйсен вăйĕсене ытларах мобилизацилеççĕ, вăй-халне икшер, виçшер хут ӳстерсе коммунизмăн чаплă çуртне купалаççĕ. Бакури нефтяниксем эшелон-эшелонĕпе планран ирттерсе нефть кăларассĕ. Баку хулинчи Сталински районĕнчи мастер Тимурханов ертсе пыракан бригада икĕ скважинăна 50 кун маларах срокчен шăтарма обязательство илчĕ. Çав районти нефть кăларас тĕлĕшпе ĕçлекен операторсем Пелагея Богомоловăпа Сакина Алиева кулленех малтанхинчен 3-шер е 4-шар тонна ытларах нефть кăларма пулчĕç. Тăван партин Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви чĕнсе калани çине ответлесе, совет çыннисем пур çĕрте те ырми-канми тăрăшса ĕçлеççĕ, мĕншĕн тесен Сталин юлташ совет халăхне темĕнле йывăрлăхсемпе чăрмавсем пулсан та малалла кайма, пирĕн Тăван çĕршывăн материальнăй тата ăс-хакăл хăватне çирĕплетсе пыма вĕрентнĕ.

Вилĕм Сталин юлташа пирĕн ретрен туртса илчĕ. Сталин вилчĕ, анчах унăн аслă вĕрентĕвĕпе унăн мухтавлă ячĕ пурăнаççĕ!

Сталин ячĕ халăхсен çутă ирĕклĕхĕпе телейлĕхĕн ялавĕ пулса юлать. Сталин пирĕн ĕмĕрĕн, пирĕн тапхăрăн чĕри пулнă. Çав аслă чĕре паян кун та тапать, мĕншĕн тесен çутă тĕнчере коммунистсен пултаруллă партийĕ ĕçлет.

Сталин Ленинпа пĕрле Коммунистсен партине туса çирĕплетнĕ. Пире парти малашлăха сталинла курса тăрса, сталинла пултарулăхпа пĕр пăркаланмасăр малалла илсе пырать, пĕтĕм халăх телейне туса паракан пирĕн аслă парти пурăнать, пирĕн кĕрешĕве ертсе пырать.

Сталин партипе совет халăхĕн хурçă пек çирĕп пĕрлĕхĕнче пурăнать. Сталинăн мухтавлă ячĕ малашнехи ăрусен чĕринче ĕмĕрех пурăнĕ. Унăн хăватлă генийĕ, çут хĕвел пекех, туслă та тăванла халăхсен пурнăçĕнче ĕмĕрех çуталса тăрĕ, этемлĕхĕн çутă телейлĕх патне каймалли çулне ĕмĕр-ĕмĕрех çутатса тăрĕ.

**Мирза ИБРАГИМОВ,**
**Сталинла премин лауреачĕ.**

Баку хули.

# Малта пыракансен опытне тăрăшса сармалла

Партипе правительство ялхуçалăх наукин тăвакан çĕнĕлĕхсене, малта пыракансен паха опытне халăх хушшине анлăн сарма тата производствăра усă курса çĕнĕ çитĕнÿсем тума вĕрентеççĕ, мĕншĕн тесен социализмла ялхуçалăхĕ наука никĕсĕ çинче кăна вĕçĕ-хĕррисĕр аталанса чечекленме пултарать.

Çак чăнлăха Йĕпреç районĕнчи ялхуçалăх работникĕсем халĕ те тивĕçлипех йышăнса илмен-ха. Вĕсем ялхуçалăхĕнче малта пыракансен ĕç опытне тĕпчесе пĕлес тата мĕнпур ял ĕçченĕсем хушшине сарас тĕлĕшпе нимех те тумаççĕ. Районти колхозсенче паха тĕслĕхсем кăтартса ĕçлекенсем сахал мар. Вĕсем, ялхуçалăх наукин çитĕнĕвĕсемпе вырăнти условире кирлĕ пек усă курса, тырпул тухăçлăхне ÿстерес, выльăх-чĕрлĕх йышне нумайлатас тĕлĕшпе ăнăçлă ĕçлеççĕ.

«Путиловка» колхоз иртнĕ ялхуçалăх çулĕнче 24 гектар çинчен 23,2-шер центнер махорка пухса кĕртнĕ. Махорка ÿстермелли çĕнĕ меслетсемпе усă курса, Николаева юлташ ертсе пыракан звено кашни гектартан 26,35-шер центнер махорка туса илнĕ.

Сталин ячĕпе тăракан колхоз членĕ Павлова юлташ темиçе çул хушши ĕнтĕ пысăк тухăçлă махорка туса илсе, районта малти вырăна йышăнать. Иртнĕ çулта вăл хăй ĕçлекен 0,6 гектарлă участокра 25 центнер махорка ÿстернĕ. Ку вăл гектартан 41,6 центнер илни пулать. Çак колхозрах Герасимов юлташ бригали акса хăварнă мĕнпур лалтăкран 22,2-шер центнер кĕрхи тулă туса илнĕ. Шишкин юлташ ертсе пыракан 4-мĕш бригада та тырă тухăçне çуллен ÿстерсе пырать. Унăн бригади иртнĕ ялхуçалăх çулĕнче гектартан 21,35-шер центнер çурхи тулă, 22-шер центнер сĕлĕ пухса кĕртнĕ.

Киров ячĕпе, Ворошилов ячĕпе тăракан колхозсем çĕрулми, вир тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе ăнăçлă ĕçлеççĕ.

Малта пыракансем обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе те пысăк çитĕнÿсем тăваççĕ. Сăмахран, Сталин ячĕпе тăракан колхозри Н. Яковлева доярка хăйне çирĕплетсе панă ĕнесенчен 1.551-шер килограмм сĕт суса илнĕ. Ку колхозри çамрăк пăрусене хутман витере хĕл каçарас тата ĕнесен сĕт тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе туса иртернĕ ĕçсене те ытти колхозсене сарма тивĕçлĕ.

«Правда» колхозра Михайлова юлташ иртнĕ çулта 10 сысна аминчен 16-шар çура илсе çитĕнтернĕ.

Вăйлă тырпул туса илес тата обществăллă выльăхсен йышĕпе тухăçне ÿстерес тĕлĕшпе пысăк çитĕнÿ тунă юлташсем районти ытти колхозсенче те нумай. Вĕсен меслетне вĕренни мĕнпур колхозниксене тухăçлă ĕçлеме пулăшнă пулĕччĕ. Анчах, ытла та шел, малта пыракансене районта тĕрлĕрен канашлусемпе пухусем тата чаплă ларусем иртернĕ чухне кăна аса илеççĕ. Ытти вăхăтра вĕсен ĕçне вĕренме мар, ячĕсене те астумаççĕ.

Малта пыракансем пирки пире КПСС райкомĕн ялхуçалăх пайĕн заведующийĕпе Ильин юлташпа каласса пăхма тÿр килчĕ. Анчах вăл вĕсен опычĕпе паллаштарма мар, ялхуçалăхĕнче малта пыракан пĕр çын ятне те асăнма пултараймарĕ.

Малта пыракансен опытне тĕпчесе пĕлсе пропагандăлассине райсовет исполкомĕн ялхуçалăх пайĕ туса пымалла. Унта ку тĕлĕшпе ятарласа ĕçлекен специалистсем пур. Анчах унти специалистсем хăйсен ĕçне питĕ çиелтен ăнланаççĕ. Хăш колхозра кам мĕнле çитĕнÿ тунине шута илнĕ те, лăпланнă. Малта пыракансем мĕнле майсемпе пысăк çитĕнÿ тунине тĕпчесе пĕлсе пропагандăлас тата вăл меслетсемпе производствăра усă курас тĕлĕшпе нимĕн те туман.

Парти райкомĕн ялхуçалăх пайĕ ялхуçалăх органĕсем специалистсемпе мĕнле усă курнипе интересленмест, «специалистсем колхоза пулăшмаççĕ» тенисĕр пуçне урăх нимĕнле сăмах та илтме çук.

Пысăк тухăçлă тырпул туса илесси кăткăс ĕç. Ăна агротехникăна шаблонлă пурнăçланипех тума çук, мĕншĕн тесен, вырăнти условисене кура, пĕр культурăнах пĕр районта пĕр тĕрлĕ, тепĕр районта тепĕр майлăрах пăхса ÿстерессипе те пулма пултарать. Çавăнпа ĕнтĕ агротехникăна кашни районта хăйне майлăрах пурнăçлама тивет. Малта пыракансен опычĕ агротехникăна район е колхоз условийĕнче мĕнле пурнăçламаллине те лайăх кăтартса парать. Специалистсен, вĕсен çитĕнĕвĕпе усă курса, уйрăм культурăсене вырăнти условисенче мĕнле ÿстермеллине кăтартакан агроправилăсем туса хатĕрлемелле. Йĕпреç районĕнче ку тĕлĕшпе нимĕн те тумаççĕ-ха.

Малта пыракансен опытне сармалли майсем нумай. Лайăх майсенчен пĕри вăл—ку ĕçе стахановецсене хăйсене активлăн хутшăнтарасси. Малта пыракан юлташсенчен нумайăшĕ çичĕ çулран кая мар вĕреннĕ, агротехникăна лайăх пĕлеççĕ, хăйсен ĕçне ăнланса тăваççĕ. Вĕсем хăйсем мĕнле майпа пысăк çитĕнÿ туни çинчен ыттисене те каласа пама пултараççĕ. Апла пулсан та малта пыракансене хăйсен çитĕнĕвĕсем çинчен лекцисемпе докладсем иртерме хушассине йĕркелекен çук.

Малта пыракансен опытне сарас тĕлĕшпе районти лекторсен бюровĕ пысăк ĕç тума пултарать. Кунти лекторсенчен тăххăрăшĕ ялхуçалăх специалисчĕсем. Вĕсен секцине малта пыракансен опытне тĕпчесе пĕлес тĕлĕшпе ялхуçалăх пайĕнче ĕçлекен агроном П. Хушкина юлташ ертсе пырать. Çук вĕт, специалистсем малта пыракансен опытне сарас тĕлĕшпе мар, ытти ыйтусемпе те лекцисем иртермеççĕ.

Ялхуçалăх министерствин малта пыракансен опытне сарас тĕлĕшпе ĕçлекен управленийĕ те районти юлташсене нимĕн те пулăшманпа пĕрех. Çавăнпа тепĕр чухне вырăнта ĕçе мĕнле йĕркелемеллине пĕлмесĕр аптăраса тăраççĕ.

Çавăн пекех районти хаçат та пысăк пулăшу пама пултарать. Унта пичетленĕ материалсене пĕр харăс çĕршер çын вуласа ăнланать. Анчах районти хаçат страницисенче малта пыракансем хăйсен ĕçĕпе паллаштарас, тĕллевпе çырнă статьясем тупса вулама çук. Парти райкомĕ те ку таранччен редакцие хаçатра стахановецсен трибуни пулмаллине астутарайман.

Клубсемпе вулав çурчĕсенче, халăх нумай пулакан вырăнсенче малта пыракансен çитĕнĕвĕсене кăтартакан диаграммăсемпе плакатсем туса çапсан та аван пулмалла. Ялхуçалăх пайĕ вĕсен ĕçĕ çинчен тĕплĕн çырса кăтартнă листовкăсем те кăларма пултарать.

Кунта эпир тырпул тухăçлăхне ÿстерес тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекенсем çинчен кăна чарăнса тăтăмăр. Колхозсенче обществăллă çурт-йĕрсем тăвас, тĕрлĕрен машинăсемпе туллин усă курас тĕлĕшпе паха тĕслĕхсем кăтартакансем те нумай. Вĕсен опытне сарасси çинчен те манма юрамасть.

**П. ШИПЦОВ.**
**(«Коммунизм ялавĕ» хаçат корр.).**

# Хамăр республикăра

## Республикăри предприятисенчи техника



Шупашкарти пир-авăр комбиначĕн арламалли корпусĕ. Корпусăн пĕр вĕçĕнче строительство ĕçĕсем пынă вăхăтра тепĕр вĕçĕнче, тăвата хутĕнче те, пысăк та çутă цехсенче тĕрлĕ машинăсем, агрегатсем, станоксем ĕçлеççĕ. Аялти хутри цеха çĕр мамăкĕ илсе кĕреççĕ, çÿлти хутра çав мамăкран паха çип пулса тухать.

Виççĕмĕшпе тăваттăмĕш хутри пысăк цехсенче арламалли машинăсем йĕркерен лартса тухнă. Машинăсем хушшипе çамрăк работницăсем утса çÿреççĕ. Кашни работница икĕ машинăпа ĕçлет. Вĕсем йĕкесем мĕнле çаврăнса çип тулнине, машина мĕнле ĕçленине тимлĕн сăнаççĕ. Вăхăчĕпе щетка илсе машина айне тăкăннă çĕр мамăк тусанне шăлса тасатаççĕ.

Арламалли «ПУ-66» маркăллă машина ровницăран пусма тавар тĕртме хатĕр çип арласа кăларать. Çав машинăсемпе кирек мĕнле сорт çип те арлама пулать. Çакна тума, çипĕн çинçешне кура, шестернене улăштармалла та машина çинчĕ йĕкесене хулленрех е хăвăртрах çаврассине кăна йĕркелемелле.

Кашни машина 15,5 метр тăршшĕ. Пĕр машина çинче 416 йĕке. Пĕр йĕке çине 1.900—2.000 метр таран çип чĕркенет. Йĕкесем минутра 9—10 пин хут çаврăнса çип арлаççĕ. Темиçе çул каярах çав йĕкесем минутра 5—6 пин хут кăна çавăрнă. Техника аталанса пынă май йĕкесене роликсем çинче çаврăнакан тунă. Çакă вĕсене чылай хăвăртрах çавăрма тата чăтăмлăрах тума май панă. Çапла вара халĕ прядильщицăсем пĕр машинăпа кашни сехетре 4,5—5 килограмм таран çип арласа кăларма пултараççĕ.

Çак хăватлă машинăсене пирĕн Тăван çĕршыври заводсенче туса кăлараççĕ. Вĕсемпе чăваш хĕрĕсем ăста ĕçлеççĕ. Шупашкарти пир-авăр комбиначĕн арламалли цехĕнче çавăн пек ăста работницăсене вунăшарăн курма пулать. Вĕсем ялтан килни нумай пулмасть пулин те, тăрăшса вĕренсе, пысăк та кăткăс машинăсемпе ĕçлеме вĕренсе çитнĕ.

Партин XIX-мĕш съезчĕ ССР Союзне аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсенче пир-авăр тĕртекен çĕнĕ станоксем туса кăларассине ÿстерме палăртнă. Шупашкарти пир-авăр комбинатĕнчи пысăк машинăсем шăп та ĕнтĕ çак пилĕкçуллăхра туса кăларнă машинăсем. Вĕсем Тăван çĕршыври заводсенче техникăн юлашки çитĕнĕвĕсене шута илсе тунă хăватлă машинăсем.

ÿКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Шупашкарти пир-авăр комбинатĕнчи арламалли цехри машинăсем. Машина патĕнче А. Кузнецова прядильщица.

Б. МЯСНИКОВ фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

# ТЕХНИКА КРУЖОКĔ

Чкаловски районĕнчи Туçари вăтам шкулта техника кружокĕ тунă. Унта ачасем совет наукин çĕнĕ çитĕнĕвĕсемпе паллашаççĕ. Кружок членĕсем хăйсем те тĕрлĕ приборсем тăваççĕ. Çапла майпа вĕсем физикăна тĕплĕ вĕренме, пурнăçра яланах кирлĕ пулакан япаласемпе ĕçре усă курма хăнăхма тăрăшаççĕ.

Техника кружокне 1951—1952-мĕш вĕренÿ çулĕнче çеç организациленĕ пулин те, унăн членĕсем шкул валли сăнав приборĕсем чылай туса пачĕç. Халĕ эпир программăсенче кăтартнă кирек мĕнле сăнава та хамăр туса хатĕрленĕ приборсемпех тума пултаратпăр.

Техника кружокĕ ĕçлеме пуçланă малтанхи кунсенче пирĕн нимĕнле инструмент та, материал та çукчĕ. Анчах эпир аптраса ÿкмерĕмĕр. Кружок руководителĕ П. Салмин юлташ вĕрентнипе шкулти пăсăк та юрăхсăр приборсене юсарăмăр, çĕнĕ приборсем турăмăр.

Кружок ĕçлеме пуçланăранпа эпир 10 электрозвонок, детекторлă тăхăр радиоприемник, мотор тата ытти япаласем туса патăмăр. Коммунизмăн аслă стройкисен карттине электричествăпа çутатса ăнлантарса памалла турăмăр. Эпир электричествăпа ĕçлекен сехет туса, ăна коридора вырнаçтартăмăр. Урок пĕтмелли е урок пуçланмалли вăхăт çитсен, çав сехет хăй тĕллĕнех звонок парать. Паллă физиксемпе математиксен портречĕсене 40 яхăн ÿкерсе патăмăр. Дирекцие, физика кабинетне, техника кружокĕн пÿлĕмне, учительские тата коридора электричество кĕртрĕмĕр.

Пирĕн ĕçе учительсен кĕркуннехи конференцийĕнче тивĕçлĕ хак пачĕç. Кружок ĕçĕсен выставкине курма çынсем йышлăн çÿреççĕ. Вĕсем пирĕн ĕçе мухтаççĕ. Выставкăна 500 çын ытла пырса курчĕ.

Нумай пулмасть эпир Чкалов ячĕпе тăракан колхоз клубĕнче физика тата техника вечерĕ иртертĕмĕр. Вечера шкул ачисемпе пĕрле колхозниксем нумай пухăнчĕç. Вечерта малтан техника кружокĕ мĕнле ĕçлени çинчен доклад пулчĕ. Унтан Г. Плечов юлташ картта тăрăх коммунизмăн аслă стройкисем çинчен доклад туса пачĕ. Кайран кружок членĕсем тĕрлĕ опытсем туса кăтартрĕç.

**Н. ПЫРКИН,**
**кружок членĕ.**

## Ăмăрту вăйланчĕ

Сĕмĕрлери экстракт тăвакан «Большевик» заводра çулталăкри плана срокчен тата ирттерсе тултарассишĕн, продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн социализмла ăмăрту анлăн сарăлнă. Ăна пула завод продукци туса кăлармалли кварталти плана срокчен тултарчĕ, Тăван çĕршыва планран ирттерсе чылай экстракт пачĕ.

Çак кунсенче завод коллективĕн политикăллă активлăхĕпе ĕçри хастарлăхĕ тата ытларах ÿсрĕ. Апат-çимĕçпе промышленность таварĕсен хакĕсене çĕнĕрен йÿнетни рабочисен, инженерсемпе техниксен тата служащисен производствăри хастарлăхне ÿстерчĕ. Май уявĕ ячĕпе ăмăртăва хутшăнса, завод коллективĕ уйăхри тата иккĕмĕш кварталти плана срокчен тултарма, чĕртавар, топливо, электроэнерги перекетлеме, производство культурине хăпартма сăмах пачĕ. Нумаях пулмасть дирекципе завком бригадăсемпе сменăсен социализмла ăмăртăвĕн итогĕсене пăхса тухрĕç. Ăмăртура Никифоровсем (аппăшĕпе йывăлĕ) ертсе пыракан бригадăсем мала тухнине палăртнă.

Заводри рабочисем ĕç нормине пурте тултараççĕ. Уяв ячĕпе стахановла вахтăна тăрса, М. Вильдяев рубильщик, М. Лаптенков выгрузчик, М. Емелин диффузорщик, Т. Шефер выпарщица, М. Иванова кестнеровщица ĕç нормине куллен 160—230 процент таран тултарса пыраççĕ.

**И. ЕВГЕНЬЕВ.**

## Йĕпреç районĕнчен килнĕ хыпарсем

☆ **Кашни килте радио.** Пĕрлешсе пысăкланнă «Путиловка» колхоз членĕсен пурнăçĕ çултан-çул лайăхланса пырать, культурăллă шайĕ ÿсет. Çак кунсенче кунта пысăк радиоузел туса пĕтерчĕç. Халĕ кашни килте тата обществăллă çуртсенче радио калаçать.

☆ **Вулакансен конференцийĕ.** «Трудовик» колхоз фермисенче ĕçлекенсем хушшинче час-часах вулакансен конференцийĕсене иртереççĕ. Нумаях пулмасть кунта «Караваево совхозĕнчи рекордлă ĕнесем» ятлă тема тăрăх вулакансен конференцийĕ пулчĕ.

☆ **Хастарлă фельдшерица.** Пысăк Упакассинчи фельдшер пунктĕнчи фельдшерица Л. Никитина юлташ хăйĕн ĕçне юратса туса пырать. Çамрăк фельдшерица ĕççыннисем хушшинче санитари пропагандине сарас тĕлĕшпе ырми-канми ĕçлет. Юлашки вăхăтра вăл колхозниксем хушшинче виçĕ лекци, икĕ доклад туса панă, калаçусем иртернĕ.

☆ **Тилĕ ферми.** «Большевик» колхозра тилĕ ферми пур. Колхоз тилĕсем ĕрчетсе çулсерен пысăк тупăш илет. 1952 çулта государствăна тилĕ тирĕ парса 30 пин тенкĕ укçа илнĕ.

☆ **Хушса тÿлемелли йĕркепе.** Киров ячĕпе тăракан колхоз выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана çулсеренех ирттерсе тултарать. Уйрăмах ĕне ферминче ĕçлекенсем пысăк çитĕнÿсем тунă. Иртнĕ çулта колхозра 60 ĕнерен 65 пăру илсе лайăх пăхса çитĕнтернĕ. Çамрăк выльăхсене пăхса ÿстермелли тата çитĕннĕ выльăхсене пăхса усрамалли 1952 çулхи задание ирттерсе тултарнăшăн 5 дояркăна, ферма заведующине тата пăру пăхакана ĕçшĕн хушса тÿленĕ.

**Н. КУДРЯВЦЕВ.**

# Çамрăк выльăхсене пурне те лайăх пăхса ÿстерер

Выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне ÿстересе пырасси малашне те выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри тĕп задача пулса тăрать. Республикăри колхозсем хăйсен фермисенчи выльăхсен йышне, чи малтан, çамрăк выльăхсене тĕрĕс-тĕкел пăхса çитĕнтернипе ÿстерсе пымалла.

Çак задачăна пурнăçлас тĕлĕшпе пирĕн республикăра Чкаловски районĕнчи колхозниксемпе колхозницăсем малта пыраççĕ. Вĕсем çамрăк выльăхсене лайăх пăхнипе, вĕсене пурне те тĕрĕс-тĕкел çитĕнтернипе иртнĕ çулта выльăх-чĕрлĕх йышне нумай ÿстерчĕç, государство панă плана пур выльăхсем енĕпе те ăнăçлăн тултарма пултарчĕç.

Парти райкомĕ тата район Совечĕн исполкомĕ колхозсене ертсе пырас ĕçе çÿлерех пусăма çĕклерĕç, тырпул туса илес ĕçпе танах выльăх-чĕрлĕх ĕрчетессишĕн те тивĕçлипе тăрăшаççĕ, колхозсене конкретлă пулăшу параççĕ. Çакă вăл хăйĕн паха результачĕсене пачĕ. Колхозсен фермисенче выльăх-чĕрлĕхе пăхас ĕç лайăхланчĕ, çак ĕçе чун-чĕререн юратакан кадрсем вĕренсе çитĕнчĕç.

Акă илĕпĕр Молотов ячĕпе тăракан тата «Восток» колхозсен фермисенче ĕçлекен Николаева хушаматлă колхозницăсене. Вĕсем хăйсене çирĕплетсе панă 7-шер ама сыснаран 133—149-шар çура илсе пăхса ÿстернĕ. «Гвардеец» колхоз фермиче пăрусем пăхакан Р. Запаткина юлташ иртнĕ çулта 25 çамрăк пăру пăхса ÿстернĕ, вăл кăçал та пăрусене тĕрĕс çитĕнтерессишĕн çине тăрса тăрăшать. Крысова, Баранова колхозницăсем кашни çĕр сурăх пуçне 127-шер путек илсе çитĕнтернĕ.

Çамрăк выльăхсене лайăх пăхса ÿстерекен колхозниксемпе колхозницăсем ытти районсенчи колхозсенче те чылай. Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз кашни çĕр ĕнерен çĕр пăру илсе, пурне те сывă пăхса çитĕнтернĕ. Ильинапа Степанова колхозницăсем хăйсене çирĕплетсе панă кашни амаран 15—20-шер çура илнĕ, çурасем амăшĕсенчен уйăрнă тĕле кашни 13 килограмм таяннă. Скворцова, Мохнева, Шмелĕва, Ильина юлташсем 2 пин чĕпĕрен 1.711-шне тĕрĕс-тĕкел пăхса çитĕнтернĕ.

Советски районĕнчи Шверник ячĕпе тăракан колхозра çамрăк выльăхсем пăхса ÿстерес тĕлĕшпе Степанова колхозница пысăк ăнăçлăхпа ĕçлет. Вăл хăй пăхакан ама сыснасенчен кашниччен 24-шар çура илнĕ. Çурасем пурте сывă, тĕреклĕ ÿснĕ, фермăра йăхлăх хăварма юрăхлă пулнă. Степанова юлташ хăйĕн ăсталăхне агрозоотехника курсĕнче вĕреннине хăпартса пырать. Кăçал вăл агрозоотехника курсĕнчен вĕренсе тухать, ялхуçалăхĕн 1-мĕш разрядри мастерĕ ятне илме тивĕçлĕ пулать

Çамрăк выльăхсене лайăх пăхса çитĕнтерни, çав выльăхсенчен чи лайăххисене суйласа илсе йăхлăх хăварса пыни питĕ кирлĕ ĕç. Ку вăл обществăллă выльăх-чĕрлĕхе малалла ĕрчетмелли тата выльăхсен йăхне лайăхлатса пымалли тĕп никĕс пулса тăнине чылай колхозсенче лайăх ăнланаççĕ. Çавăнпа çамрăк выльăхсене тĕрĕс пăхса ÿстерессине çине тимлĕ пăхаççĕ. Октябрьски районĕнчи «Звезда» колхоз çамрăк выльăхсене тĕрĕс пăхса ÿстерме пур условисене те туса панă. Витесем аслă, çутă, таса. Выльăхсене норма тăрăх тĕрлĕ апатпа тăрантараççĕ. Колхоз, ĕратлă производительсемсĕр пуçне, укçа-тенкĕ парса выльăхсем пачах туянмасть, вĕсен шучĕ хуçалăхра ÿстерекен çамрăк выльăхсен шучĕпех хăвăрт хушăнса пырать. Иртнĕ çулта колхоз 112 ама сысназан 1.080 çура илсе пурне те пăхса çитĕнтернĕ, вĕсенчен чи лайăххисене йăхлăх хăварнă, ыттисене самăртнă, государствăна паха какай нумай парса пысăк тупăш илнĕ.

Паллă ĕнтĕ, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн ăнăçлăхĕ фермăсенче ама выльăхсем пăрулассине хатĕрленсе кĕтсе илнинчен, ама выльăхсене пăрулас умĕн тĕрĕс пăхнинчен те нумай килет. Малта пыракан колхозсенче çамрăк выльăхсене хатĕрленсе кĕтсе илеççĕ, вĕсене малтанхи кунсенчен пуçласах тимлĕ пăхаççĕ. Çавăн пек колхозсенче парти организацийĕсемпе колхоз руководителĕсем тата ялхуçалăх специалисчĕсем ферма работникĕсем хушшинче ăнлантарулла ĕçе лайăх туса пыраççĕ, çамрăк выльăхсене пурне те ÿстерессишĕн тата сыхласа хăварассишĕн колхозри пĕтĕм общественноçа кĕрешĕве çĕклеççĕ.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе малта пыракан колхозниксемпе колхозницăсен ĕçри ăнăçлăхĕнче нимĕнле вăрттăнлăх та çук. Вĕсем хăйсен ĕçне юратса туса пыраççĕ, кашни выльăхăн уйрăмлăхне шута илеççĕ, вĕсене тĕрĕс тăрантараççĕ, вăхăтра шăвараççĕ, таса тытаççĕ.

Анчах республикăри колхозсенче выльăх-чĕрлĕхе япăх пăхакан работниксем те сахал мар-ха. Вĕсем выльăхсен сывлăхĕшĕн тăрăшмаççĕ, ĕçе ăнланса тумаççĕ. Ун пек тума вĕсенчен нумайăшĕн пĕлÿлĕх те çителĕклĕ мар. Сăмахран, выльăх-чĕрлĕх фермисенче ĕçлекен хăшпĕр колхозницăсем пăрусене мĕн пирки куллен пĕр вăхăтра тăрантарма кирлине, çав вăхăта иртерсе яма кирлĕ маррине тивĕçлипех ăнланса илмен. Çамрăк выльăхсем хушшинче чир-чĕр сарăлни яланах вĕсене тĕрĕс мар тăрантарнинчен килсе тухать. Çав çитменлĕхе пĕтересенех чир-чĕр пĕтет.

Çамрăк выльăхсене пăхса усрас ĕçе кирлĕ пек туса пыман пирки Элĕк районĕнчи колхозсем иртнĕ çулта кашни çĕр ĕнерен 58 пăру кăна, Кувакино районĕнчи колхозсем кашни çĕр сурăх пуçне 54 путек кăна, Сĕнтĕрвăрри, Вăрмар районĕсенчи колхозсем кашни ама сысна пуçне пилĕк е тăхăршар çура кăна пăхса çитĕнтерчĕç.

Чылай колхозсенче кăçал та çамрăк выльăхсене кирлĕ пек пăхманни палăрать. Элĕк, Куславкка, Хĕрлĕ Чутай, Çĕрпÿ, Октябрьски, Муркаш районĕсенче выльăх-чĕрлĕх йышĕ ÿсес вырăнне чакса пырать. Йĕпреç районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхозра пăрусене йĕпе витере тытаççĕ. Вентиляци пур çĕртех ăна хупă тытаççĕ. Витере пăчă, стенасене пас тытса лартнă. Халĕ ĕнтĕ пас ирĕлнипе пăрусем те йĕпенсе тăраççĕ. Елчĕк районĕнчи «Красное знамя» колхозăн сурăх ферминче кормушкăсем çук, туранă чĕкĕнтĕре, утă-улăма ура айне пăрахса çитереççĕ, путексене канлĕн апатланма та майсем туса паман.

Çамрăк выльăхсене паха апатсем çителĕклĕ çитерни, вĕсене таса, типĕ тата çутă витесенче усрани пысăк вырăн йышăнать. Анчах та çамрăк выльăхсем сывă та патмар ÿсесси çаксенчен кăна килмест-ха. Çамрăк выльăхсем çулла та, ăшă тата апат нумай пулнă вăхăтра та, чирчĕре ерсе кайма, вилме пултараççĕ. Çакă вăл вĕсене пăхма пĕлменнинчен килет. Нумай колхозсенче выльăхсене çăва кăларсан пăхма пăрахаççĕ. Уй-хирте апат çителĕксĕр пулсан та выльăхсене кĕтĕве яраччен тата кĕтÿрен таврăнсан апат хушса памаççĕ. Çамрăк выльăхсене уйрăм пăхас ĕçе япăх йĕркелеççĕ. Сăмахран, акă çамрăк выльăхсене хăймаран уйăрнă сĕт парас ĕçех чылай колхозсенче тĕрĕс мар тăваççĕ. Ĕнесене сăвас, сĕт тыткалас тĕлĕшпе тасамарлăха пĕтермен. Сунă сĕте çиййĕнчех сепаратор витĕр ярса хăймаран уйăрмаççĕ, хăймасăр сĕте таса мар савăтсенче тыткалаççĕ тата ăна çамрăк выльăхсене çиййĕнчех çитермеççĕ. Çавăн пирки çамрăк выльăхсем, уйрăмах пăрусемпе сысна çурисем вар-хырăм чирĕпе чирлеççĕ, мĕншĕн тесен, кирек мĕнле сĕтре те, ăна сунă хыççăн сивĕ çĕрте пĕр вăхăт хушши тытмасан, е пастеризацилемесен, питĕ сиенлĕ бактерисем нумай ерчесе каяççĕ. Çав сĕт вара 6—8 сехет хушшинче çынсемшĕн кăна мар, çамрăк выльăхсемшĕн те сиенлĕ пулса тăрать. Çакăнтан сыхланас тесе, хăймасăр сĕте çамрăк выльăхсене е сунă хыççăн çиййĕнчех, е 60—65 градуса çити 20—30 минут хушши ăшăтса — пастеризацилесе, е тата йÿçĕтсе кăна çитермелле.

Çамрăк пăрусем вар-хырăм чирĕсемпе ытларах аптăраççĕ. Çавăнпа та вĕсене таса тытас пулать. Пур тĕрлĕ кирлĕ мерăсене йышăннипе пĕрлех тата апатсене типтерлĕ çитерсе пынипе пĕрлех, тĕрлĕрен чир-чĕрсене парăнман тĕреклĕ пăрусем пăхса ÿстерес тĕлĕшпе хальхи вăхăтра наука кăтартса паракан çĕнĕ меслетсемпе усă курма та вĕренсе пымалла. Çавăн пек мелсенчен пĕрине Н. Г. Беленький академик кăтартса панă. Вăл мел кавлекен выльăхсен хырăмлăхĕнче пурăнакан чĕрчунсемпе — инфузорисемпе усă курасси çинче тытăнса тăрать. (Инфузорисем микроскоппа пăхсан кăна курăнаççĕ). Инфузорисем выльăх хырăмлăхĕнче тĕрлĕрен чир-чĕр бактерисене пĕтереççĕ. Инфузорин пĕр клетки талăк хушшинче 5—7 миллиона яхăн микроб клеткине вĕлерме пултарать. Кавлекен выльăхсен апатĕнче лайăх утă пур пулсан, çакă вара выльăхсен хырăмлăхĕнче инфузори клеткисем лайăх ĕçлемелли услови пулать. Утă тата çуртри улăмĕ çитермесен кавлекен выльăхсен хырăмлăхĕнче инфузорисем пĕтсе пыраççĕ, вĕсем вырăнне выльăх организмне сиенлĕ микробсем ытларах ĕрчеме тытăнаççĕ. Ене выльăхсен организмĕнче инфузорисем апат ирĕлтерекен процесĕнче те пысăк вырăн йышăнаççĕ. Вĕсем выльăх çиекен апатри ÿсентăрансен белокне ирĕлтерсе выльăх организмĕ çăмăллăн йышăнма пултаракан белока куçараççĕ т. ыт. те.

Çамрăк пăрун хырăмлăхĕнче çуралнă чухне нимĕнле сиенлĕ микробсем те çук. Çав микробсем пăру хырăмне малтанхи кунсенчен пуçласах апатпа кĕме пуçлаççĕ. Инфузорисем пăру хырăмлăхĕнче çуралсан 12—15-мĕш талăкран кăна ĕрчеме пуçлаççĕ. Йышлă мар пирки вĕсем пăрăвăн малтанхи кунĕсенче чир-чĕр микробĕсене хирĕç кĕрешме пултараймаççĕ. Çапла пăру хăйĕн малтанхи кунĕсенче вар-хырăм чирĕсемпе çăмăллăнах аптрама пултарать. Çакăнтан сыхланса Н. Г. Беленький академик çапла тума хушать. Пăрăва сĕтпе пĕрле унăн амăшĕн кавлине илсе памалла. Çапла ĕне кавлинчи инфузорисем пăру хырăмне куçаççĕ, вар-хырăм малтанхи кунсенчен пуçласах чир-чĕр микробĕсенчен таса пулать, пăру тĕреклĕ ÿсет.

Пăрусене Н. Г. Беленький академик хушнă пек инфузоризацилес ĕçе малтанхи 20 кун хушшинче туса ирттерес пулать. Пăру амăшĕн кавлине çавартан доярка е телятница çăмăллăнах илме пултарать. Çакна тума ĕнене малтан лайăх утă çитермелле. Çинĕ апата ĕне 40 минут иртсен кавлеме пуçлать. Доярка хăйĕн аллисене вĕри шывпа çăвать. Унтан кавле кăларнă вăхăтра ĕнен çÿлти тута хĕррине уçса чĕлхе çинчен кавле татăкне алăпа илет, ăна пăчăртамасăр пăрăва памалли сĕт çине ярать. Сĕтне пăрăва çиййĕнчех ĕçтерет.

Малта пыракан колхозсенче çамрăк пăрусене тĕреклĕ, чир-чĕртен сывă ÿстермелли çак лайăх меле пурнăçа кĕртсе пынипе пысăк ăнăçлăхсем тăваççĕ. Пирĕн колхозсенчи фермăсенче те ăна анлăн сармалла.

Çамрăк выльăхсене сыхласа хăварассишĕн, пур выльăхсене те тĕрĕс пăхса çитĕнтерессишĕн кашни кун тимлĕрех кĕрешни—выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе кăçал çĕнĕ ÿсĕмсем тума май парĕ.

**Д. БАРДИН,**
**Чăваш АССР Ялхуçалăх министерствин ветеринари пайĕн аслă врачĕ.**

## Францире И. В. Сталин сочиненийĕсен пĕррремĕш томĕ пичетленсе тухнă

ПАРИЖ, апрелĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Францире И. В. Сталин Сочиненийĕсен пĕрремĕш томĕ пичетленсе тухнă. Çакна май «Юманите» хаçатра И. В. Сталин Сочиненийĕсен пĕрремĕш томне кĕнĕ произведенисем çинчен Жак Дюкло çырнă статьяна пичетлесе кăларнă.

## *Албани Министрĕсен Совечĕ йышăннă постановлени*

ТИРАНА, апрелĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Албани хаçачĕсем Албани Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕ наука, изобретательство, литература тата искусство енĕпе 1952 çулта тунă чаплă çитĕнÿсемшĕн Республика премийĕсем парасси çинчен йышăннă постановление пичетлесе кăларнă.

Наука енĕпе çитĕнÿ тунăшăн наукăсен институчĕн научнăй сотрудникне Кристать Ципона «Албани чĕлхин синтаксисĕ» ятлă ĕçшĕн, изобретательство енĕпе— Джевдет Лазене пысăк тухăçлă кислород установки тунăшăн, литература енĕпе — Димитру Шутерикине «Ирĕке кăларакансем» ятлă романăн малтанхи пайĕшĕн Республикăн иккĕмĕш степеньлĕ премине памалла тунă. Искусство енĕпе Республикăн виççĕмĕш степень премине Неджмедин Заими художнике «Наци ирĕклĕхĕшĕн пынă кĕрешÿ çинчен каласа пани» ятлă картинăшăн тата халăх геройĕн Скандербегăн бюстне мрамортан тунăшăн Лазар Никола скульптора пама йышăннă.

## Вьетнамри демократиллĕ улшăнусем

### Демократиллĕ Вьетнам Республикин правительстви йышăннă решенисем

ШАНХАЙ, апрелĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Вьетнамри информаци агентстви Демократиллĕ Вьетнам Республикинче туса ирттерекен демократиллĕ улшăнусем çинчен çырать. Март уйăхĕнче Демократиллĕ Вьетнам Республикин Министрĕсен Совечĕ çĕршыва малалла демократизацилес, ĕçсыннисен пурнăçне лайăхлатас тата халăх массисен сыхлăхне вăйлатас тĕлĕшпе паха решенисем йышăннă.

Çĕр çинчен, Франци колонизаторĕсемпе Вьетнам халăхĕн тăшманĕсен аллинче пулнă çĕршывсемпе пурлăха хресченсене валеçсе парасси çинчен тата общинăсенчи çĕрсене çĕр сахал тытакан е пачах тытман хресченсене валеçсе парасси çинчен указ кăларнă.

Кунсăр пуçне тата правительство çĕр тĕлĕшпе тытакан политикăна хирĕç тата çак политикăна пурнăçа кĕртме халăх массисене мобилизацилессине хирĕç тăракан çынсене айăпласси çинчен указ кăларнă. Çавăн пекех тата çĕр политикине пăсни çинчен тăракан ĕçсене пăхса тухма халăх сучĕсем туса хурасси çинчен указ кăларнă.

## Ив Фаржа пытарни

ПАРИЖ, апрелĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Францири Мир Совечĕн председательне, Тĕнчери Сталинла преми лауреатне Ив Фаржа Пер-Лашез масарĕ çинче пытарнă çĕрте Париж хулинчи вуншар пин ĕçсыннисем пулнă. Масар çине пырса кĕнĕ тĕлте хурлăхлă митинг пулнă. Унта Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн председателĕ Фредерик Жолио-Кюри, пастор Боск, Пĕтĕм тĕнчери демократиллĕ хĕрарăмсен федерацийĕн председателĕ тата Францири хĕрарăмсен союзĕн председателĕ Эжени Коттон, аббат Булье, Пĕтĕм Францири ĕçлев конфедерацийĕн секретарĕ Жюль Дюша, Францири Коммунистсен партийĕн политбюро членĕ Бийу, Итали парламенчĕн депутачĕ, миршĕн тăракансен Итали комитечĕн представителĕ генерал Роведа тата Францири Наци пухăвĕн депутачĕ Эммануэль д'Астье де ла Вижери сăмах тухса каланă.

Тухса калакансем пурте гитлерла оккупантсене хирĕç, çĕршывăн наци никама пăхăнманлăхĕшĕн тата пĕтĕм тĕнчери миршĕн кĕрешес ĕçре Ив Фарж пысăк вырăн йышăнса тăнине палăртнă. Ив Фаржа пытарнă çĕрте унăн çемйине тусĕсемсĕр пуçне Францири Коммунистсен партийĕн руководителĕсем, Жак Дюклопа пĕрле, Наци пухăвĕн депутачĕсем Пьер Кот тата Жильбер де Шамбрен, генерал Пети, Францири Мир Совечĕн генеральнăй секретарĕ Фернан Винь, ытти прогрессивлă организацисен представителĕсем, наука, литература, искусство деятелĕсем пулнă.

Коммунарсен стени патĕнче Анри Барбюс тата Поль Элюарпа юнашар пытарнă Ив Фарж вилтăпри умĕнчен — Франци халăхĕн шанчăклă ывăлне миршĕн кĕрешекен паллă ... Париж хулинчи вуншар пин ĕçсыннисем иртнĕ.

## Венгри халăхĕ хăй ирĕке тухнă куна савăнăçлăн уявланă

БУДАПЕШТ, апрелĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Апрелĕн 4-мĕшĕнче Венгри халăхĕ Совет Çарĕ Венгрие ирĕке кăларнă куна савăнăçлăн паллă тунă.

Хаçатсем Венгри ирĕке тухнăранпа 8 çул тултарни çинчен пысăк материалсем пичетлесе кăларнă. Нумай предприятисен коллективĕсем çак чаплă кун ячĕпе ăмăртса ĕçлесе çитĕнÿсем туни çинчен рапортсем панă.

Будапештра И. В. Сталин ячĕпе тăракан площадьре Венгри Халăх çарĕн чаçĕсен парачĕ пулнă. Правительство трибуни çинче Венгрири ĕçсыннисен партийĕпе Венгри правительствин руководителĕсем, Венгрири ĕçсыннисен партийĕн генеральнăй секретарĕпе Министрсен Совечĕн председателĕ Матиас Ракоши, Венгри Халăх Республики Президиумĕн председателĕ Иштван Доби, Совет Союзĕн Венгрири посолĕ Е. Д. Киселев, Венгрие Совет Çарĕ ирĕке кăларнă уява ирттерме чылай çĕршывсенчен пынă правительство делегацийĕсен пуçлăхĕсем пулнă.

Венгри Халăх Республикин оборона министрĕ арми генералĕ Михаль Фаркаш сăмах тухса каланă. Вăл: Венгри халăхĕ Совет Союзне, аслă Сталина ĕмĕр юратса тата тав туса пурăнĕ, тенĕ. Фаркаш Венгри халăхне производство планĕсене тултарассишĕн тата ытларах тăрăшса ĕçлеме, Матиас Ракоши ертсе пынипе Маркс—Энгельс—Ленин—Сталин ялавĕ айне тата тачăрах пĕтĕçме чĕннĕ.

## Италири Коммунистсен партийĕн руководстви пĕлтерни

РИМ, апрелĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Италири Коммунистсен партийĕн руководстви пĕлтерÿ пичетлесе кăларнă. Унта çапла каланă:

Компарти руководстви Наци совечĕн сессине хатĕрленес тĕллевпе тата клерикалсем пусмăрланипе парламентри ĕçсене улăштарнă пирки пулса тăнă лару-тăру çинчен, çĕнĕрен киревсĕр ĕçсем тума ÿсăнах хатĕрленни çинчен сÿтсе явма пухăнчĕ. Вăл çакна палăртать: Италин мĕнпур провинцийĕсенчен килнĕ хыпарсем пĕтĕмĕшле забастовка ăнăçлăн иртнине çирĕплетсе параççĕ, пур çĕрте те халăх тарăхăвĕ ÿссе пырать, халăх ултавлă закона хирĕç, çак законăн авторне—де Гасперине—хирĕç тата ăна ĕçре пулăшса тăракан сенат председательне хирĕç хыттăн протестлет. Çĕршыври миллионшар ĕçсыннисем тĕрĕс мар суйлав законне тата сасăланин результачĕсене законсăр йĕркепе пĕлтернине сивлерĕç. Республика сенатĕнче, тĕрĕссипе илсен, сасăласси пулман.

Клерикалсем ирĕксĕрленипе сената салатса яни,—çакăнпа социал-демократсем те, либералсем те, республиканецсен партийĕн членĕсем те килĕшрĕç ĕнтĕ,—сенат ларăвĕн залĕнче мартăн 29-мĕшĕнче пулса иртнĕ ĕçсем законлă маррине йышăнни пулать. Çакăн пек сутăнчăклă ĕçе халĕ никам та пытарса тăма пултараймасть. Процедура правилисемпе конституцие пăснă. Сената салатса яни вăл—парламент йĕркисем çине йĕрĕнсе пăхнине çĕнĕрен çирĕплетсе пани пулать, тесе шутлать компарти руководстви.

Компарти руководстви христианла демократсем тунă пусмăрла ĕçсене тата ирĕклĕхе хăратса тăракан ĕçсене тăрă шыв çине кăларать.

Малалла парти руководстви ултавлă закона хирĕç тата парламентпа çĕршыва çак закона йышăнтарма тăнă правительствăна хирĕç тăрса, тĕрĕслĕхе мала хурса хăйсен сассине çĕкленĕ сенатор-коммунистсене, социалистсене тата парламентри паллă деятельсене тав тăвать.

Юлашкинчен компарти руководстви çапла каласа пĕлтерет:

Пĕр тан суйлав прави туса хурасси, реакципе вăрçă вăйĕсене поражени кÿресси, çĕршывра мир политики тытса пыма пултаракан правительство туса хурасси итальянецсенчен хăйсенчен килет. Вĕсен çак тĕллеве пурнăçлассишĕн ĕçлемелле тата кĕрешмелле. Çак кĕрешÿре коммунистсен каллех малти ретре тăмалла.

## Итали парламентне салатса янă

РИМ, апрелĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Республика президенчĕ Эйнауди паян парламента салатса ярасси çинчен тата парламент суйлавне июнĕн 7-мĕшĕнче ирттересси çинчен калакан декрет çине алă пуснă.

Де Гаспери правительстви хушнипе депутатсен палатине кăна мар тата сената та салатса янă. Сенат полномочийĕсен срокĕ 1954 çулта кăна тухать.

Министрсен Совечĕн председателĕ де Гаспери пресс-конференцире: правительство сената срокчен салатса яни тата икĕ палата суйлавне те пĕр вăхăтра ирттерни «вырăнлă пулать» тесе шутларĕ, мĕншĕн тесен палатăсене суйламалли йĕрке 1948 çулхи йĕркерен уйрăлса тăрать, тенĕ.

Депутатсен палатин çĕнĕ суйлавĕ Итали парламенчĕн правительствăри ытларахăшĕ çак кунсенче йышăннă закон тăрăх пулса иртет.

Сенат суйлавне илес пулсан, 1948 çулхи суйлав законĕ çаплипех вăй илсе юлать, анчах фашизма хирĕç кĕрешес ĕçре уйрăмах тава тивĕçлĕ ĕç тунă политикăллă деятельсене сената кĕртесси çинчен конституцире ятарласа палăртнă статья хăйĕн вăйне çухатать. Сенат составне конституци тăрăх çакăн пек туса хуни ку таранччен палатăра реакциллĕ ĕçсене пурнăçлама сахал мар чăрмантарнă.

## *Дани компартийĕ суйлав умĕн Дани халăхне чĕнсе калани*

КОПЕНГАГЕН, апрелĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). «Ланд ог фольк» хаçат апрелĕн 21-мĕшĕнче парламент суйлавне ирттерме хатĕрленнĕ май Данири Коммунистсен партийĕ Дани халăхне чĕнсе каланине пичетлесе кăларнă. Юлашки çулсенче Данире, тенĕ чĕнÿре, куллен кирлĕ таварсен хакĕсем ÿсрĕç, налогсем пысăкланчĕç, ĕççĕрлĕх ÿсрĕ, çурт-йĕр çитмест. Çавăн пирки те Дани халăхĕн пурнăçĕ питех те йывăрланса çитрĕ.

Çакă вăл пĕтĕмпех,—тенĕ чĕнÿре,—Дани ытларах та ытларах Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсене пăхăнса тăма пуçланинчен тата Дани правительстви, буржуалла партисемпе социал-демократсен партийĕ пулăшнипе, çĕршыва ремилитаризацилес политика тытса пынинчен килет.

Коммунистсен партийĕ Дани халăхне милитаризма хирĕç, çар службин срокне тăснине хирĕç кĕрешме, хальхи правительство хунă налогсене пăрахăçа кăларассишĕн сасăлама чĕнет.

«Çĕршыва милитаризацилессине чарса лартсан, пирĕн çĕршыв суту-илÿ енĕпе ют держава хушнисене пурнăçлама пăрахсан, тенĕ чĕнÿре, Дани экономикинче йĕрке туса хума тата ĕççĕрлĕхе пĕтерме, çителĕклĕ таран çуртсем, шкулсем, больницăсем туса лартма тата хваттер укçи вичеллĕ тÿлемелле тума пулать. Ватă çынсене тата инвалидсене паракан пенси укçине ÿстермелле, социальнăй обеспечени ĕçне лайăхлатмалла. Çамрăксене суйлав правине памалла, вĕсен ашшĕ-амăшĕсен пурнăç йĕрки мĕнле пулнине пăхмасăр, вĕренме пĕр тан май туса памалла, çамрăксен пурнăçне лайăхлатмалла.

Мирпе ирĕклĕх тата наци суверенитетне туса хурас тесен, тулашри политикăна никама пăхăнмасăр, хамăра кирлĕ пек тытса пымалла, Атлантика блокĕнчен тухмалла, пĕр-пĕрине килĕштерсе ĕçлес политика тытса пымалла.

Данири базăсенче ют çĕршыв çарĕсене вырнаçтарма ирĕк памалла мар, Хĕвеланăç Германие тепĕр хут хĕçпăшаллантарма ирĕк памалла мар. Хĕвеланăç Германие хĕçпăшаллантарни вăл пирĕн çĕршывшăн вилĕмле хăрушлăх пулса тăрать.

Данин çĕнĕ конституци проектĕнчи халăха хирĕç пыракан 20-мĕш статьяна пăрахăçа кăларас пулать, конституцие демократиллĕ улшăнусем кĕртмелле, Данире ют çĕршыв çыннисене власть тытса тăма ирĕк памалла мар.

Çакă вăл халăхăн ытларах пайĕн шухăш-кăмăлĕсене тата пирĕн çĕршывăн интересĕсене тивĕçтерет. Ку вăл—Дани халăхĕн ирĕклĕхпе ырă пурнăç патне пымалли çулĕ».

## ФРАНЦИРИ ĔÇÇЫННИСЕМ ХĂЙСЕН ПРАВИСЕМШĔН КĔРЕШНИ

ПАРИЖ, апрелĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Франци халăхĕ реакци ĕççыннисен прависем çине тапăннине хирĕç вăйлă отпор парать. Ĕç укçине ÿстерессишĕн, промышленность предприятийĕсене хупса хунине хирĕç тата рабочисене ĕçрен массăллăн кăларса янине хирĕç пыракан кĕрешÿре ĕççыннисен пĕрлĕхĕ ÿссе тĕрекленет. Париж çывăхĕнчи «Криг Эзиви» компанийĕн металлурги предприятийĕсенче пулса иртнĕ забастовка çавна лайăх çирĕплетсе парать. Забастовка пĕр эрнене яхăн пынă. Унта тĕрлĕ профсоюз организацийĕсенче тăракан рабочисем хутшăннă. Забастовка рабочисем çĕнтернипе вĕçленнĕ. Пĕтĕçÿллĕ тата организованно пулнине рабочисен ĕç укçине сехет пусне 18—22 франк чухлĕ ÿстертерчĕç.

«Юманите» хаçат Нантра темиçе пин металлист забастовка туни çинчен пĕлтерет. «Газ де Пари» предприятийĕсенче ĕçлекен рабочисем, Парижри пысăк гостиницăсенче ĕçлекен служащисем, Нор департаментĕнчи чугун çул работникĕсем ĕç укçи ÿстерме ыйтса забастовка тăваççĕ. Хаçат, çавăн пекех, Марсельре, Безансонра, Ниццăра тата ытти хуласенче забастовкăсем пулни çинчен çырать.

Францире хальхи вăхăтра пулса иртекен забастовкăсем, тесе çырать «Юманите» хаçат, çакăнпа уйрăлса тăраççĕ: ĕççыннисем хăйсен пурнăçне лайăхлатма ыйтнипе пĕрлех, демократиллĕ ирĕклĕхшĕн, миршĕн, наци никама пăхăнманлăхĕшĕн, демократиллĕ организацисен руководителĕсене хĕсĕрлесе хирĕç кĕрешме ĕçлекен лозунгсем кăларса тăратаççĕ.

## Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, апрелĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: иртнĕ кун хушшинче Корея халăх çарĕпе Китай халăх добровольцĕсен соединенийĕсем Сокмядон районĕнче тăшмана хирĕç артиллерирен персе çапăçнă.

Тăшман самолечĕсене хирĕç кĕрешекен салтаксем паян тăшманăн 3 самолетне персе ÿкернĕ.

ПХЕНЬЯН, апрелĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: иртнĕ кун хушшинче Корея халăх çарĕн соединенийĕсемпе Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсем Пэнамдон районĕнче тăшманăн разведка тăвакан отрячĕсене хирĕç çапăçнă.

Енер çĕрле Америка самолечĕсем Пхеньян çывăхĕнчи районсенчи мирлĕ халăх пурăнакан çуртсем çине çĕнĕрен тапăннă, бомбăсем пăрахнă. Хулари мирлĕ халăх хушшинче вилнисемпе аманнисем нумай, çуртсемпе землянкăсене нумай ишĕлтернĕ.

Тăшман самолечĕсене хирĕç кĕрешекен салтаксем паян тăшманăн 2 самолетне персе ÿкернĕ.

### Пхеньян çине авиаци çĕнĕрен тискеррĕн тапăннă

ПХЕНЬЯН, апрелĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Апрелĕн 4-мĕшĕнче çĕрле Америкăн йывăр бомбардировщиксен пысăк ушкăнĕ, реактивлă истребительсен хÿттипе вĕçсе пырса, Пхеньян хули çине хаяррăн тапăннă. Уйрăмах хулан хĕвеланăç енчи халăх йышлă пурăнакан Инхынри, Мимари, Камхын кварталĕсем çине тата хулан çурçĕр пайĕнчи Бамбуканри кварталĕ çине бомбăсем нумай пăрахнă. Бомбардировщиксем çак кварталсем çине пысăк бомбăсем 200 яхăн пăрахнă.

Çакăн пек тискеррĕн тапăннипе хулари нумай çуртсене ишĕлтерсе пĕтернĕ. Мирлĕ çынсем хушшинче вилнисемпе аманнисем нумай.

### Англири ĕççыннисем Корейăра мир тăвассишĕн тăраççĕ

ЛОНДОН, апрелĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Англири ĕççыннисем Корейăра мир тума ыйтаççĕ. Машинăсемпе суднăсем тăвакан работниксен профсоюзĕн çуллен пулакан конференцийĕнче, Моркамбăра, профсоюз председателĕ Хьюз сăмах тухса каланă. Вăл профсоюз членĕсем калаçусем ирттернипе мир тăвассишĕн, тĕнчери татса паман хирĕçÿсене йĕркелессишĕн тăни çинчен каланă. Хьюз Пĕрлешÿллĕ Штатсем Бэттл законĕ тăрăх Англие суту-илÿ ĕçĕнче чăрмав кÿме тăнине хирĕç тата Германие ремилитаризацилессине хирĕç тухса каланă. Корейăри вăрçа чарса лартас пулать, тенĕ вăл.

Кооперативла партин çуллен пулакан конференцийĕнче Саутсире парламент членĕ лейборист Колдрик сăмах тухса каланă. Вăл Корейăра мир тăвас тĕлĕшпе хирĕçÿсене пĕтерме тăрăшнине ырланă.

Машинăсем тăвакан рабочисен пĕрлешнĕ профсоюзĕн Шеффилд район комитечĕ тыткăнри чирлĕ тата аманнă çар çыннисене улăштарса илесси тата перемири тăвасси пирки калаçусем пуçласа ярасси çинчен Китай Халăх Республики йышăннă позицие ырласа резолюци йышăннă.

Çурçĕр Лондонри машиностроительсен пĕрлешнĕ профсоюзĕн районти комитечĕ Корейăра хăвăртрах мир тăвас тĕлĕшпе Англи правительствине хăйĕн влиянине вăйлатма чĕннĕ.

### Филиппинра ирĕклĕхшĕн пыракан кĕрешÿ

ШАНХАЙ, апрелĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Манилăри радио пĕлтернĕ тăрăх, Филиппин çарĕн штабĕ правительство çарĕсемпе Хукбонг (ирĕклĕхшĕн кĕрешекен халăх çарĕ) отрячĕсем хушшинче март уйăхĕнче 131 тытăçу пулса иртнĕ.

### ЕГИПЕТРА ВĂРÇĂ ЧУХНЕХИ ПЕК ЙĔРКЕНЕ МАЛАЛЛА ТЫТСА ПЫМА ЙЫШĂННĂ

КАИР, апрелĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). «Аль-Мысри» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Египет Министрĕсен Совечĕ çĕршывра вăрçă чухнехи пек йĕрке туса хунине тата тепĕр çултăлăка тăсмалла тунă.

### Австралире демократине хирĕçле закон йышăннă

СИДНЕЙ, апрелĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Çак кунсенче Австрали парламенчĕ «атомлă энерги çинчен» текен закон проектне йышăннă. Çак закон вăл правительствăна Австралири рабочи класпа миршĕн тăракансене хĕсĕрлеме пысăк полномочисем парать.

«Трибюн» хаçат, ку закон çинчен çырнă май, çакна палăртнă: вăл «правительство аллинче рабочи класпа миршĕн кĕрешекен юхăма хирĕç кĕрешмелли вăйлă хĕçпăшал пулса тăрать».

Буржуалла хаçатсем те, сăмахран, «Сидней морнинг геральд», «Трус» çавăн пекех çыраççĕ.

## ПĔЛТЕРНИ

Апрелĕн 7-мĕшĕнче, 20 сехетре, КПСС Шупашкар хула комитечĕн библиотеки çуртĕнче пĕрремĕш иккĕмĕш çул вĕренмелли политшкулсен тата И. В. Сталинăн биографине вĕренмелли кружоксен руководителĕсен валли семинарсем пулаççĕ. Тема: «ССР Союзне 1951—1955 çулсенче аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана тĕлĕшпе партин XIX-мĕш съезчĕ панă директивăсем».

Семинарсен руководителĕсем: А. П. Николаев, П. Г. Григорьев, Н. А. Смирнова юлташсем.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

## СССР халăх хуçалăхне юсаса малалла аталантармалли иккĕмĕш государственнăй заем

### 11-мĕш вылявра выигрышсем тухнине кăтартакан СПРАВКА-ТАБЛИЦА

Выляв 1953 çулхи мартăн 29-мĕшĕнче Гомель хулинче пулнă.

Таблицăра 100 тенкĕлĕх облигацисем çине выигрышсем тухнине кăтартнă. Выигрыш суммине выляса илнĕ облигаци хакĕ те кĕрет.

Заемăн мĕнпур 228 разрядĕнчи çак серисемпе облигацисен номерĕсем çине выигрышсем тухнă:

| Сери №№ | Облигаци №№ | Миçе тенкĕ | Сери №№ | Облигаци №№ | Миçе тенкĕ | Сери №№ | Облигаци №№ | Миçе тенкĕ | Сери №№ | Облигаци №№ | Миçе тенкĕ |
|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|
| 020016 | 03*) | 1.000 | 025393 | 1—50 | 200 | 031208 | 45*) | 1.000 | 035377 | 1—50 | 500 |
| 020173 | 49*) | 1.000 | 025758 | 1—50 | 200 | 031235 | 39*) | 10.000 | 035417 | 1—50 | 200 |
| 020425 | 1—50 | 500 | 025832 | 42*) | 1.000 | 031329 | 40*) | 1.000 | 035445 | 1—50 | 500 |
| 020533 | 1—50 | 200 | 026118 | 39*) | 1.000 | 031342 | 12*) | 1.000 | 035636 | 1—50 | 500 |
| 020577 | 33*) | 1.000 | 026331 | 1—50 | 500 | 031358 | 34*) | 1.000 | 035880 | 47*) | 1.000 |
| 020712 | 50*) | 1.000 | 026375 | 20*) | 1.000 | 031382 | 13*) | 1.000 | 035966 | 1—50 | 500 |
| 020746 | 04*) | 10.000 | 026619 | 36*) | 1.000 | 031495 | 1—50 | 500 | 036065 | 10*) | 1.000 |
| 020775 | 44*) | 1.000 | 026632 | 1—50 | 200 | 031635 | 16*) | 1.000 | 036358 | 18*) | 1.000 |
| 020803 | 33*) | 1.000 | 027014 | 1—50 | 500 | 031772 | 11*) | 1.000 | 036379 | 44*) | 25.000 |
| 020849 | 10*) | 5.000 | 027101 | 07*) | 1.000 | 031788 | 50*) | 1.000 | 036467 | 1—50 | 500 |
| 020874 | 1—50 | 200 | 027173 | 1—50 | 200 | 031853 | 1—50 | 200 | 036581 | 1—50 | 500 |
| 020882 | 1—50 | 500 | 027296 | 40*) | 1.000 | 031863 | 09*) | 1.000 | 036615 | 1—50 | 200 |
| 020937 | 1—50 | 500 | 027377 | 02*) | 1.000 | 031870 | 31*) | 1.000 | 036980 | 1—50 | 200 |
| 020967 | 1—50 | 200 | 027431 | 37*) | 1.000 | 032225 | 50*) | 1.000 | 037155 | 1—50 | 500 |
| 020997 | 18*) | 1.000 | 027841 | 32*) | 1.000 | 032538 | 17*) | 1.000 | 037245 | 18*) | 1.000 |
| 021202 | 08*) | 1.000 | 027903 | 06*) | 1.000 | 032700 | 10*) | 1.000 | 037499 | 49*) | 1.000 |
| 021589 | 11*) | 1.000 | 027957 | 08*) | 1.000 | 032904 | 29*) | 1.000 | 037584 | 18*) | 1.000 |
| 022157 | 1—50 | 200 | 028060 | 1—50 | 200 | 032924 | 04*) | 1.000 | 037615 | 1—50 | 500 |
| 022329 | 07*) | 10.000 | 028171 | 45*) | 5.000 | 033005 | 20*) | 1.000 | 037675 | 02*) | 1.000 |
| 022330 | 31*) | 1.000 | 028201 | 45*) | 5.000 | 033212 | 02*) | 1.000 | 037695 | 04*) | 1.000 |
| 022396 | 21*) | 1.000 | 028343 | 49*) | 1.000 | 033302 | 19*) | 1.000 | 037733 | 36*) | 1.000 |
| 022424 | 35*) | 1.000 | 028395 | 10*) | 1.000 | 033436 | 45*) | 1.000 | 037962 | 41*) | 1.000 |
| 022487 | 30*) | 1.000 | 028637 | 39*) | 1.000 | 033440 | 26*) | 1.000 | 038389 | 1—50 | 500 |
| 022604 | 1—50 | 200 | 028725 | 01*) | 1.000 | 033674 | 35*) | 1.000 | 038465 | 31*) | 1.000 |
| 022689 | 19*) | 1.000 | 028782 | 16*) | 1.000 | 033711 | 1—50 | 200 | 038582 | 07*) | 5.000 |
| 022720 | 1—50 | 500 | 028990 | 01*) | 5.000 | 033714 | 1—50 | 500 | 038681 | 1—50 | 200 |
| 022787 | 10*) | 5.000 | 029007 | 32*) | 1.000 | 033780 | 49*) | 1.000 | 038824 | 1—50 | 200 |
| 022869 | 38*) | 1.000 | 029046 | 14*) | 1.000 | 033795 | 46*) | 1.000 | 038835 | 1—50 | 200 |
| 023098 | 27*) | 5.000 | 029387 | 06*) | 1.000 | 033949 | 47*) | 1.000 | 038869 | 48*) | 1.000 |
| 023119 | 27*) | 1.000 | 029397 | 1—50 | 200 | 033950 | 38*) | 1.000 | 038900 | 13*) | 1.000 |
| 023263 | 19*) | 10.000 | 029482 | 27*) | 1.000 | 034023 | 35*) | 1.000 | 038908 | 37*) | 5.000 |
| 023349 | 18*) | 1.000 | 029546 | 1—50 | 500 | 034052 | 08*) | 50.000 | 039025 | 16*) | 5.000 |
| 023435 | 1—50 | 200 | 029787 | 22*) | 1.000 | 034613 | 27*) | 1.000 | 039054 | 1—50 | 200 |
| 023727 | 07*) | 1.000 | 030034 | 47*) | 1.000 | 034625 | 1—50 | 200 | 039187 | 1—50 | 200 |
| 023826 | 1—50 | 200 | 030041 | 17*) | 1.000 | 034670 | 09*) | 1.000 | 039216 | 17*) | 1.000 |
| 024032 | 21*) | 5.000 | 030044 | 15*) | 1.000 | 034772 | 17*) | 1.000 | 039427 | 06*) | 1.000 |
| 024212 | 17*) | 1.000 | 030426 | 43*) | 1.000 | 035025 | 1—50 | 500 | 039459 | 1—50 | 200 |
| 024809 | 21*) | 10.000 | 030454 | 1—50 | 200 | 035127 | 1—50 | 500 | 039593 | 35*) | 1.000 |
| 024823 | 40*) | 25.000 | 030789 | 1—25 | 200 | 035210 | 30*) | 1.000 | 039605 | 39*) | 1.000 |
| 025039 | 1—50 | 200 | 030816 | 02*) | 1.000 | 035251 | 1—50 | 200 | 039672 | 1—50 | 200 |
| 025098 | 48*) | 1.000 | 030862 | 30*) | 1.000 | 035260 | 08*) | 1.000 | 039958 | 22*) | 1.000 |
| 025188 | 42*) | 1.000 | 031054 | 19*) | 1.000 | 035361 | 26*) | 1.000 | 039975 | 50*) | 1.000 |

*) Çак серие кĕрекен облигацисен ытти 49 номерĕ 200-шер тенкĕ выляса илнĕ.

ЧĂВАШ АССР ПЕРЕКЕТ КАССИСЕМПЕ ГОСУДАРСТВО КРЕДИЧĔН УПРАВЛЕНИЙĔ.

## Государствăн 3 процентлă выляса илмелли шалти заемĕ

### 32-мĕш вылявра выигрышсем тухнине кăтартакан СПРАВКА-ТАБЛИЦА

Выляв 1953 çулхи мартăн 30-мĕшĕнче Ленинград хулинче пулнă.

Заемăн мĕнпур тăватă разрядĕнчи çак серисемпе облигацисен номерĕсем çине выигрышсем тухнă:

| Сери №№ | Облигаци №№ | Миçе тенкĕ | Сери №№ | Облигаци №№ | Миçе тенкĕ | Сери №№ | Облигаци №№ | Миçе тенкĕ | Сери №№ | Облигаци №№ | Миçе тенкĕ |
|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|
| 000130 | 38*) | 5000 | 029835 | 1-50 | 1000 | 050684 | 1-50 | 400 | 077762 | 1-50 | 400 |
| 000865 | 33*) | 5000 | 029947 | 28*) | 5000 | 051882 | 48*) | 50000 | 077837 | 43*) | 5000 |
| 001540 | 18*) | 10000 | 030727 | 1-50 | 400 | 053457 | 36*) | 5000 | 077883 | 1-50 | 400 |
| 001691 | 26*) | 5000 | 031569 | 13*) | 5000 | 055062 | 46*) | 25000 | 078116 | 05*) | 10000 |
| 002019 | 32*) | 5000 | 032518 | 1-50 | 1000 | 055462 | 22*) | 5000 | 078527 | 1-50 | 1000 |
| 003349 | 1-50 | 400 | 032615 | 50*) | 5000 | 056062 | 20*) | 10000 | 078631 | 44*) | 10000 |
| 004465 | 38*) | 5000 | 032752 | 06*) | 5000 | 057691 | 41*) | 10000 | 078666 | 1-50 | 400 |
| 004543 | 36*) | 5000 | 032940 | 02*) | 5000 | 057724 | 32*) | 5000 | 078791 | 1-50 | 400 |
| 004785 | 1-50 | 400 | 033113 | 08*) | 5000 | 057751 | 21*) | 50000 | 079690 | 34*) | 5000 |
| 004926 | 1-50 | 400 | 033525 | 1-50 | 400 | 058055 | 1-50 | 400 | 081066 | 09*) | 10000 |
| 005419 | 48*) | 10000 | 034962 | 1-50 | 1000 | 058369 | 1-50 | 400 | 081829 | 32*) | 10000 |
| 008708 | 1-50 | 400 | 035209 | 42*) | 10000 | 058550 | 06*) | 5000 | 081972 | 14*) | 10000 |
| 009121 | 49*) | 5000 | 035354 | 39*) | 5000 | 059886 | 1-50 | 1000 | 081994 | 38*) | 5000 |
| 009227 | 1-50 | 400 | 035516 | 04*) | 5000 | 060016 | 03*) | 5000 | 082520 | 1-50 | 400 |
| 010652 | 10*) | 5000 | 035740 | 1-50 | 400 | 060177 | 23*) | 10000 | 084544 | 27*) | 10000 |
| 011418 | 1-50 | 400 | 036384 | 1-50 | 1000 | 060384 | 07*) | 5000 | 084618 | 14*) | 10000 |
| 012294 | 1-50 | 400 | 036475 | 28*) | 5000 | 060481 | 11*) | 5000 | 084992 | 12*) | 5000 |
| 012590 | 47*) | 5000 | 036528 | 1-50 | 400 | 060507 | 40*) | 5000 | 087060 | 1-50 | 400 |
| 013167 | 14*) | 5000 | 038625 | 1-50 | 1000 | 061613 | 20*) | 5000 | 087143 | 1-50 | 400 |
| 013399 | 09*) | 5000 | 039177 | 44*) | 25000 | 062402 | 34*) | 5000 | 087376 | 1-50 | 400 |
| 013961 | 05*) | 5000 | 039341 | 08*) | 5000 | 063223 | 25*) | 5000 | 087778 | 03*) | 5000 |
| 014477 | 44*) | 5000 | 040770 | 1-50 | 400 | 063707 | 1-50 | 400 | 088563 | 1-50 | 1000 |
| 014604 | 02*) | 5000 | 041231 | 44*) | 10000 | 063865 | 28*) | 5000 | 088741 | 06*) | 5000 |
| 014863 | 1-50 | 400 | 042815 | 18*) | 5000 | 064233 | 22*) | 10000 | 089422 | 1-50 | 400 |
| 014969 | 1-50 | 400 | 044091 | 36*) | 25000 | 064375 | 21*) | 5000 | 090042 | 17*) | 10000 |
| 015803 | 1-50 | 400 | 044293 | 35*) | 5000 | 064445 | 41*) | 5000 | 090787 | 22*) | 5000 |
| 016201 | 45*) | 5000 | 044455 | 1-50 | 1000 | 064812 | 14*) | 5000 | 091182 | 1-50 | 400 |
| 018567 | 24*) | 10000 | 044557 | 41*) | 5000 | 064882 | 1-50 | 400 | 091610 | 1-50 | 400 |
| 020288 | 46*) | 5000 | 044827 | 19*) | 5000 | 066643 | 08*) | 25000 | 091837 | 1-50 | 400 |
| 020530 | 32*) | 5000 | 045046 | 1-50 | 400 | 066837 | 03*) | 10000 | 092253 | 16*) | 5000 |
| 020827 | 43*) | 5000 | 045305 | 10*) | 5000 | 068611 | 1-50 | 400 | 094540 | 42*) | 10000 |
| 020910 | 04*) | 5000 | 045696 | 31*) | 10000 | 069429 | 13*) | 5000 | 094749 | 1-50 | 400 |
| 021091 | 21*) | 10000 | 045831 | 1-50 | 400 | 070096 | 1-50 | 1000 | 095286 | 33*) | 5000 |
| 022024 | 26*) | 5000 | 046115 | 1-50 | 400 | 070109 | 19*) | 10000 | 096161 | 48*) | 5000 |
| 022450 | 1-50 | 1000 | 046547 | 1-50 | 400 | 070426 | 1-50 | 400 | 096547 | 13*) | 5000 |
| 023587 | 27*) | 5000 | 046600 | 1-50 | 400 | 071462 | 41*) | 5000 | 096649 | 1-50 | 1000 |
| 023867 | 37*) | 5000 | 047243 | 25*) | 5000 | 072139 | 1-50 | 400 | 097331 | 45*) | 5000 |
| 025294 | 1-50 | 1000 | 048277 | 24*) | 5000 | 072809 | 02*) | 5000 | 097542 | 41*) | 25000 |
| 028755 | 14*) | 5000 | 048367 | 39*) | 5000 | 074036 | 24*) | 10000 | 097577 | 23*) | 10000 |
| 029013 | 1-50 | 400 | 048559 | 31*) | 5000 | 074269 | 20*) | 5000 | 098220 | 1-50 | 400 |
| 029072 | 18*) | 5000 | 049449 | 26*) | 5000 | 074991 | 09*) | 5000 | 098767 | 1-50 | 400 |
| 029141 | 34*) | 5000 | 049627 | 1-50 | 1000 | 075360 | 42*) | 5000 | | | |
| 029613 | 01*) | 5000 | 050472 | 28*) | 5000 | 076990 | 47*) | 10000 | | | |

*) Çак серие кĕрекен облигацисен ытти 49 номерĕ 400-шер тенкĕ выляса илнĕ.

ЧĂВАШ АССР ПЕРЕКЕТ КАССИСЕМПЕ ГОСУДАРСТВО КРЕДИЧĔН УПРАВЛЕНИЙĔ.



Шупашкар хулинчи Кузнечнăй урамри 4-мĕш çуртра пурăнакан Иван Николаевич Авдеев арăмĕнчен—Коми АССР-ĕнчи Воркута хулинчи шахта поселокĕнчи 29 çуртра пурăнакан Анастасия Дмитриевна Авдеевăран уйрăлма ĕç пуçарнă. Ĕçе Шупашкар хулинчи 4-мĕш участокри халăх судьи пăхса тухать.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ял хуçалăх пайĕ—3-57, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01352 Типография №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.